ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул Февраль 3 ЭРНЕКУН № 24 (9703)

Хакĕ 20 пус. 38-мĕш çул тухать.

**КПСС Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, парти крайкомĕсемпе обкомĕсене, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушаççĕ: çак постановление колхозниксене, МТС-семпе совхозсенчи рабочисене тĕплĕн ăнлантарса памалла, халăха тата промышленноçа питех те кирлĕ çĕрулмипе пахча çимĕçе çитес икĕ çул хушшинче нумайран та нумай туса илес тесе, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче ĕçе лайăх организацилемелле.**

# ÇĔРУЛМИПЕ ПАХЧА ÇИМĔÇ ТУСА ИЛЕССИНЕ ТАТА ХАТĔРЛЕССИНЕ ӲСТЕРЕССИ ÇИНЧЕН

## *КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ 1956 çулхи январĕн 30-мĕшĕнче йышăннă постановлени*

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çакна палăртаççĕ: çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тата хатĕрлессине ӳстересси çинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление пурнăçласа пырса, юлашки икĕ çул хушшинче колхозсем çĕрулмипе пахча çимĕç лартса тăвакан çĕр лаптăкĕсене пысăклатрĕç, çак культурăсене нумайрах туса илме тата ытларах хатĕрлеме пуçларĕç. Анчах çĕрулмипе пахча çимĕç туса илесси тата вĕсене хатĕрлесси пачах çителĕксĕр, çакă вăл хуласемпе промышленность центрĕсенчи халăхăн, çавăн пекех тĕрлĕ продуктсем тăвакан промышленноçăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç валли çĕрулми сахал уйăрса параççĕ.

Нумай облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем апат-çимĕç тумалли çак питĕ паха культурăсене туса илессине аталантарас ĕç çине кирлĕ пек тимлĕ пăхмаççĕ. Нумай колхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçĕн агротехники çав-çавах начар, вĕсене лартмалли, акмалли сроксене вăраха тăсаççĕ, çĕрулмипе пахча çимĕç речĕсен хушшине кăпкалатас тата вĕсене пухса кĕртес ĕçе вăхăтра тумаççĕ, ку вăл вĕсен тухăçлăхĕ чакасси тата пысăк тăкаксем пуласси патне илсе пырать. Çак культурăсене лартса-акса ӳстермелли малта тăракан меслетсене ĕçе начар кĕртсе пыраççĕ. Çĕрулми вăрлăхĕ туса илесси япăхса кайнă. Машина-трактор станцийĕсем пур пек техникăпа çителĕклĕ усă курмаççĕ, çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçре колхозсене сахал пулăшаççĕ.

Çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕç çителĕксĕр пулса пынин сăлтавĕсенчен пĕри колхозсемпе колхозниксене экономика тĕлĕшĕнчен кирлĕ пек интереслентерменни пулать. Çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлемелли тата сутăн илмелли хаксем çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине ӳстерме тата вĕсене ытларах хатĕрлеме хавхалантармаççĕ. Колхозсем хуçалăхăн çак отраслĕсенчен илекен тупăшсем пысăк мар.

Çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлес тата вĕсемпе суту-илӳ тăвас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Çĕрулмипе пахча çимĕçе турттарнă тата сыхласа усранă чухне нумай тăккаласçĕ, çакăнпа вара государствăна сиен кӳреççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçе турттарас тата суту-илӳ организацийĕсенче сыхласа усрас ĕçре пулакан расходсем çав-çавах питĕ пысăк-ха.

Хуласемпе промышленность центрĕсенчи халăха, çавăн пекех тĕрлĕ продуктсем тăвакан промышленноçа кирлĕ чухлĕ çĕрулмипе пахча çимĕç парса тăмашкăн çак продуктсене ытларах туса илме хавхалантарас шутпа КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ çапла йышăнаççĕ:

1. СССР Ялхуçалăх министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсем тăвакан промышленность министерствине, союзлă республикăсенчи коммунистсен партийĕсен Центральнăй Комитечĕсене, парти крайкомĕсемпе обкомĕсене, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене тата облисполкомсене çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине 1956 çултах нумай ӳстерме тата государствăн çак культурăсене хатĕрлемелли тата сутăн илмелли планĕсене пĕтĕмĕшпех тултарма мĕнпур кирлĕ мерăсене йышăнма хушас. Ку тĕлĕшпе:

а) çĕрулми вăрлăхĕ çителĕксĕр колхозсемпе совхозсенче çĕрулми лартмалли пĕтĕм çĕр лаптăкĕ валли тулли норма тăрăх кирлĕ чухлĕ вăрлăх фончĕсем тумалла, çĕрулмине сутăн илессине тата ытти ялхуçалăх продукчĕсемпе улăштарса илессине организацилемелле, çĕрулми вăрлăхĕн фончĕсене мĕнле сыхласа усранине çирĕппĕн тĕрĕслесе тăмалла. Лартмалли вăрлăх нормисене кирек мĕнле майпа пĕчĕклетме хăтланнине те татăклăнах чарса лартмалла.

Колхозсемпе совхозсенче çĕрулми вăрлăхĕ туса илессине лайăхлатмалла, çапла вара çитес икĕ çул хушшинче пĕтĕмĕшпех сортлă вăрлăх лартма тытăнмалла, çĕрулмин ир пулса çитекен тата рак чирне парăнман сорчĕсене лартса ӳстерекен çĕр лаптăкĕсене пысăклатас ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла;

б) çĕрулмипе пахча çимĕç лартса-акса тăвас ĕçре органикăлла удобренисемпе, уйрăмах торфпа тислĕкрен тата торфпа тислĕк шĕвекĕнчен тăвакан компостсемпе ытларах усă курмалла, ку тĕлĕшпе колхозсемпе совхозсенче торфлă вырăнсенче торф кăларассине тата компост туса хатĕрлеме кирлĕ торфа вăхăтра хатĕрлесе хурассине йĕркелемелле. Минераллă удобренисене Ялхуçалăх снабжени складĕсенчен вăхăтра турттарса хумалла тата вĕсемпе тĕрĕс усă курмалла;

в) çĕрулмипе пахча çимĕç акмалли, лартмалли, ретсен хушшисене кăпкалатмалли тата çĕрулмипе пахча çимĕç пухса кĕртмелли мĕнпур ялхуçалăх машинисене çывăх вăхăтрах юсаса çитермелле, çак машинăсемпе ĕçлеме кирлĕ чухлĕ машинистсемпе прицепщиксем вĕрентсе хатĕрлемелле, çĕрулми лартмалли тата пахча çимĕç калчисене лартмалли машинăсемпе ĕçлеме кадрсем хатĕрлес ĕç çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла;

г) колхозсемпе совхозсенче çĕрулмипе пахча çимĕç туса илес ĕçри обезличкăна пĕтермелле. Çак культурăсене лартса-акса тăвакан çĕр лаптăкĕсене бригадăсемпе звеносене çирĕплетсе памалла, çак культурăсене пысăк тухăçлă туса илес ĕçре бригадăсемпе звеносене пур майсемпе те пулăшса пымалла. Пысăк тухăçлă çĕрулмипе пахча çимĕç ӳстерсе çитĕнтернĕшĕн хушса тӳлемелли йĕркепе памалли продуктсене вăхăтра тата пĕтĕмĕшпех панине çирĕппĕн тĕрĕслесе тăмалла;

д) çĕрулми лартас тата пахча çимĕç культурисем акас, уйрăмах ретсен хушшине кăпкалатас тата çĕрулмипе пахча çимĕç пухса кĕртес ĕçе агротехникăлла чи лайăх срокĕсенче туса ирттермелле;

е) çĕрулмипе пахча çимĕç культурисем туса илес ĕçĕн малта тăракан меслечĕсене—тăваткал тĕмĕн тата тăваткăлăн акас тата лартас, çĕрулми вăрлăхне яровизацилес, пахча çимĕç калчисене торфпа çĕрĕк тăпринчен тунă чӳлмексенче шăтарса ӳстерес, çĕрулмипе пахча-çимĕç культурисен лартса-акса тăвакан уйсене хутăштарнă органикăлла-минераллă удобренисемпе, бактериллĕ удобренисемпе çемçетсе лайăхлатмалли меслетсене пур çĕрте те ĕçе кĕртмелле. Шултра çĕрулмисене касса лартас, çĕрулми калчи лартас тата çĕрулми куçĕсене касса илсе лартас меслетсемпе усă курмалла, çапла тунă чухне агротехникăн мĕнпур требованийĕсене пурнăçласа пымалла, çĕрулмипе пахча çимĕç лартмалли лаптăксене минераллă удобренисем, вырăнти удобренисем, хутăштарнă органикăлла-минераллă удобренисем хывмалла.

2. Пахча çимĕç культурисем акса тăвас ĕçе хуласем çывăхĕнчи зонăсенчи колхозсенче пĕтĕçтерес, суркунне шыв илекен тата шăварса тăракан çĕрсем çинче çĕрулмипе пахча çимĕç нумайрах лартса тата акса тăвас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановление СССР Ялхуçалăх министерстви, СССР Совхозсен министерстви, вырăнти парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем çителĕксĕр пурнăçласа пынине палăртас, вĕсене пахча çимĕç акса тăвассине çавăн пек пĕтĕçтерес, суркунне шыв илекен, шăварса тăракан çĕрсем çинче тата типĕтнĕ торфяниксем çинче çак культурăсене лартса-акса ӳстерекен çĕр лаптăкĕсене чылай пысăклатас тĕлĕшпе çĕнĕрен тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттерме хушас.

3. Пахча çимĕçпе çĕрулми туса илессине ӳстерес, вĕсене хатĕрлес тата сутăн илес ĕçре колхозсене экономика тĕлĕшĕнчен ытларах интереслентерес тесе, çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлемелли тата сутăн илмелли хаксене 1956 çултан пуçласа ӳстерес:

а) колхозсенче, колхозниксен тата ытти граждансен хуçалăхĕсенче хатĕрлекен çĕрулми хакне çакăн пек тăвас: Мускав, Архангельск, Великие Луки, Вологда, Владимир, Горький, Иваново, Калининград, Калинин, Калуга, Кемерово, Куйбышев, Ленинград, Молотов, Новгород, Новосибирск, Иркутск, Псков, Рязань, Свердловск, Тула, Челябинск, Ярославль, Арзамас, Смоленск, Брянск, Ростов, Грозный, Каменск, Белгород, Воронеж, Киров, Кострома, Курск, Липецк, Орел, Тамбов облаçĕсем, Краснодарпа Ставрополь крайĕсем, Дагестан АССР-ĕ, Кабарда АССР-ĕ, Çурçĕр-Осетин АССР-ĕ, Пушкăрт АССР-ĕ, Тутар АССР-ĕ, Коми АССР-ĕ, Украина ССР-ĕнчи Ворошиловград, Днепропетровск, Житомир, Киев, Сталино, Сумы, Полтава, Харьков, Чернигов, Одесса, Крым, Херсон, Запорожье, Николаев, Львов, Тернополь, Закарпатье облаçĕсем, Белорус ССР-ĕнчи Минск, Могилев, Гомель тата Гродно облаçĕсем, Литва ССР-ĕ, Латви ССР-ĕ, Эстони ССР-ĕ, Карело-Финн ССР-ĕ, Азербайджан ССР-ĕ, Грузи ССР-ĕ, Армян ССР-ĕ тăрăх—кая юлса çитĕнекен пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне—330 тенкĕ, сутăн илмелли хакне 530 тенкĕ, ир пулса çитекен пĕр тонна çĕрулмин сутăн илмелли хакне: июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—750 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне çитиччен парсан—600 тенкĕ тата августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне çитиччен парсан—400 тенкĕ тăвас;

Приморье, Хабаровск крайĕсем, Амур, Камчатка, Магадан, Сахалин облаçĕсем, Якут АССР-ĕ, Тюмень облаçĕнчи Ханты-Манси тата Ямало-Ненец наци округĕсем тăрăх—кая юлса çитĕнекен пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне—450 тенкĕ, сутăн илмелли хакне—800 тенкĕ, çавăн пекех ир пулса çитекен пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне: июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—900 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне çитиччен парсан—750 тенкĕ тата августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне çитиччен парсан—650 тенкĕ тăвас.

1956 çултан пуçласа Узбек ССР-ĕнчи, Таджик ССР-ĕнчи, Туркмен ССР-ĕнчи, Казах ССР-ĕн Джамбул, Гурьев, Кзыл-Орда тата Кăнтăр-Казахстан облаçĕсенчи, Киргиз ССР-ĕн Ош, Джалал-Абад облаçĕсенчи, Астрахань, Чита облаçĕсенчи тата Бурят-Монгол АССР-ĕнчи колхозсене, колхозниксен тата ытти граждансен хуçалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе çĕрулми парассинчен хăтарас, çакăнпа пĕрлех çĕрулми хатĕрлеме тата сутăн илме СССР Министрĕсен Совечĕ 1955 çулхи декабрĕн 8-мĕшĕнче йышăннă 2038-мĕш номерлĕ постановленипе çирĕплетнĕ пĕтĕм плана улăштармасăр хăварас тата государство çĕрулмине сутăн илессине тивĕçлĕ таран ӳстерес.

Маларах асăннă республикăсемпе облаçсенче кая юлса çитĕнекен пĕр тонна çĕрулмин сутăн илмелли хакне 530 тенкĕ тăвас; июнĕн 30-мĕшĕччен парсан—750 тенкĕ, июлĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа августăн 1-мĕшне çитиччен парсан—600 тенкĕ.

Ытти мĕнпур республикăсенче, крайсенче тата облаçсенче кая юлса çитĕнекен пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне 250 тенкĕ, сутăн илмелли хакне—450 тенкĕ тăвас, çавăн пекех ир пулса çитекен пĕр тонна çĕрулмин хатĕрлев хакне çавăн пек тăвас: июлĕн 31-мĕшĕччен парсан—700 тенкĕ, августăн 1-мĕшĕнчен пуçласа 15-мĕшне çитиччен парсан—550 тенкĕ, августăн 16-мĕшĕнчен пуçласа 31-мĕшне çитиччен парсан—350 тенкĕ.

Мĕнпур республикăсенче, крайсенче тата облаçсенче колхозсем çĕрулмине январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа мартăн 1-мĕшне çитиччен сутнă чухне колхозсене маларах кăтартнă хаксем çумне пĕр тоннăшăн 60 тенкĕ, мартăн 1-мĕшĕ хыççăн сутнă чухне—90 тенкĕ хушса тӳлемелле;

б) 1956 çулта пухса кĕртнинчен пуçласа, вăрлăх лартса тăвакан колхозсене—обязательнăй йĕркепе памалли, МТС ĕçленĕшĕн натуроплата тӳлемелли тата государствăна сутмалли шутпа сортлă çĕрулми панăшăн, çавăн пекех совхозсене, вĕсем çирĕплетнĕ план тăрăх вăрлăх валли сортлă çĕрулми параççĕ пулсан, хушса тӳлессине ӳстерес, вĕсене çакăн чухлĕ тӳлемелле тăвас: пĕрремĕш категорине кĕрекен пĕр тонна сортлă çĕрулмишĕн—120 тенкĕ тата иккĕмĕш категорине кĕрекен çĕрулмишĕн—60 тенкĕ.

Çĕрулмин ир пулса çитекен сорчĕсен вăрлăхĕсене сутăн илмелли хаксене çакăн пек çирĕплетес: пĕрремĕш сортлă категорие кĕрекен пĕр тонна çĕрулмишĕн 1.200 тенкĕ тата иккĕмĕш сортлă категорие кĕрекен пĕр тонна çĕрулмишĕн 1.000 тенкĕ.

СССР Ялхуçалăх министерствине, СССР Совхозсен министерствине тата СССР Финанс министерствине килĕшсе, элитлă çĕрулмин сутăн илмелли çĕнĕ хакĕсене туса çирĕплетме ирĕк парас.

4. 1956 çулта пухса кĕртнинчен пуçласа, колхозсенчен, колхозниксемпе ытти граждансен хуçалăхĕсенчен йышăнакан пахча çимĕçсен хатĕрлев хакĕсемпе сутăн илмелли хаксене 70 процента яхăн ӳстерес тата вĕсене культурăсем тăрăх вăтам шутпа çакăн чухлĕ (пĕр тоннăшăн, тенкĕпе) çирĕплетес:

| | Хатĕрлев хакĕсем | Сутăн илмелли хаксем |
|---|---|---|
| Купăста | 250 | 380 |
| Сухан | 900 | 1.800 |
| Хăяр | 650 | 800 |
| Кишĕр | 450 | 700 |
| Хĕрлĕ кăшман | 300 | 500 |
| Помидор | 700 | 900 |

Облаççен, крайсемпе республикăсен енĕпе çак постановлени çумне хушса çырнă тăрăх:

пĕр килограмм ыхрашăн хатĕрлев хакне 4 тенкĕ чухлĕ тата сутăн илмелли хака 8 тенкĕ чухлĕ ӳстерес;

тутлă пăрăçăн, баклажанăн, хутаçлă çимĕс пăрçан, кабачкин хатĕрлев хакĕсене вăтам шутпа 75 процент ӳстерес.

5. СССР Ялхуçалăх министерствине, СССР Финанс министерствине килĕшсе, 1956 çулхи февралĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа пахча çимĕçсен, бахча культурисен тата выльăха çитермелли тымарçимĕçсен сортлă вăрлăхĕсен хатĕрлев хакĕсене вăтам шутпа 12 процент тата сутмалли хакĕсене 7,5 процент ӳстерме ирĕк парас.

Вăрлăх туса илекен колхозсене, Сортсемовощăн вăрлăх хатĕрлекен хуçалăхĕсен шутне кĕртнисене, государствăна обязательнăй йĕркепе пахча çимĕç парассинчен хăтарас.

6. СССР Суту-илӳ министерствине колхозсенчен, вĕсем çывăхрине е инçетрине пăхмасăр, парниксемпе теплицăсенче ӳстернĕ пахча çимĕçсемпе çимĕс пахча-çимĕçе, ир пулса çитекен тата кая юлса пулакан пахча çимĕçпе çĕрулмине тӳрех магазинсене, обществăлла апатлану предприятийĕсене тата хулари базăсене пĕр чăрмавсăр йышăнма хушас, çав çимĕçсемшĕн колхозсене вакkăн сутакан хакран 15 процент йӳнерех тӳлемелле.

Облисполкомсене, крайисполкомсене тата республикăсен Министрĕсен Совечĕсене çапла тума хушас: пахча çимĕçсемпе çĕрулми парса тăма колхозсемпе совхозсене çулсерен магазинсем çумне тата обществăлла апатлану предприятийĕсем çумне çирĕплетмелле.

7. Колхозсем пахча çимĕçе ытларах йӳçĕтчĕр тата тăварлаччăр тесе:

а) колхозсене тăварланă хăяра, тăварланă помидора, йӳçĕтнĕ купăстана, тăварланă тата йӳçĕтнĕ ытти пахча çимĕçе тӳрех магазинсене тата обществăлла апатлану предприятийĕсене ваккăн сутакан хакран 15 процент йӳнерех сутма ирĕк парас.

Колхозсем обязательнăй поставка шучĕпе пахча çимĕç тӳрех магазинсене, обществăлла апатлану предприятийĕсене, çавăн пекех потребкооперацин хатĕрлев пункчĕсене панă чухне пахча çимĕçшĕн тăварланă хăяр тата йӳçĕтнĕ купăста йышăнма çакăн пек эквивалент çирĕплетес:

1.000 килограмм йӳçĕтнĕ купăсташăн—чĕрĕ купăста 1.500 килограмм,

1.000 килограмм тăварланă хăяршăн—1.500 килограмм чĕрĕ хăяр;

б) тăварланă тата йӳçĕтнĕ пахча çимĕç тăратасси çинчен колхозсемпе договор тунă чухне Центросоюза сутăн илекен продукцин 25 проценчĕ чухлĕ укçан аванс тӳлеме ирĕк парас. Çав асăннă аванса пама СССР Госбанкне потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене кредит пама хушас;

в) потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене колхозсем хатĕрлев пункчĕсене тăварланă тата йӳçĕтнĕ пахча çимĕç панă чухне, çирĕплетнĕ хатĕрлев хакĕсемпе сутăн илмелли хаксемсĕр пуçне, сыхласа усранăшăн декабрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа кашни уйăхшăнах тонна продукци пуçне 15-шер тенкĕ тӳлеме ирĕк парас.

8. Колхозсене 1956 çултан пуçласа пахча çимĕçе тăварласа йӳçĕтмелли пунктсем тума тата катка-пичке туса кăларассине организацилеме сĕнес. Вăрман хуçалăхĕсем пахча çимĕç валли туса кăларакан катка-пичкене СССР Ялхуçалăх министерстви колхозсене сутмалла.

9. Центросоюза тата СССР Совхозсен министерствине пахча çимĕç хатĕрлекен районсенче çĕрулмипе пахча çимĕçсене усрама, вĕсенчен урăх продукци туса кăларма çитес ик-виçĕ çул хушшинче материалла-техникăлла никĕс тума хушас, çакă вăл Мускавпа Ленинграда виçĕ уйăх хушшинче кирлĕ чухлĕ çĕрулми тата йӳçĕтнĕ, тăварланă пахча çимĕç усрама май памалла.

СССР Суту-илӳ министерствине 1956—1957 çулсенче Мускавра, Ленинградра тата ытти пысăк хуласемпе промышленность центрĕсенче ултă уйăхра кирлĕ чухлĕ пахча çимĕçпе çĕрулми усрамалăх хранилищесем тума хушас.

СССР Суту-илӳ министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсем тăвакан промышленность министерствине, СССР Совхозсен министерствине тата Центросоюза çĕрулмипе пахча çимĕç хатĕрлеме, усрама тата вĕсенчен урăх продукци туса кăларма кирлĕ материалла-техникăлла никĕсе лайăхлатасси тата пысăклатасси çинчен сĕнӳсем хатĕрлесе икĕ уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне тăратма хушас.

10. Çĕрулмипе пахча çимĕçе хатĕрлев пункчĕсене турттарас ĕçе колхозсен транспортне ытларах хутшăнтарма тата колхозсене пурлăх тĕлĕшĕнчен хавхалантарассине ӳстерме кирлине шута илсе, çĕрулмипе пахча çимĕç турттарнăшăн колхозсене пĕрлĕхлĕ тарифсем тăрăх 25 процент чухлĕ хушса тӳлемелле. Хатĕрлев организацийĕсен колхозсен автотранспортне хутшăнтарнăшăн тухакан ытти расхочĕсене çĕрулмипе пахча çимĕçе йышăнакансен тӳлемелле.

СССР Ялхуçалăх министерствине тата СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерствине çак ĕçе хутшăнтарнă автотранспорт ахаль тăнăшăн, пушăлла чупнăшăн, тулли тиеменшĕн тата ăна колхозсем ыйтнă тăрăх çĕрулмипе пахча çимĕç турттарса тухма вăхăтра паманшăн автомобиль хуçалăхĕсемпе колхозсем материальнăй ответлăх тытмалла тăвасси çинчен пĕр уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Советне сĕнӳсем тăратма хушас.

11. СССР Апат-çимĕç таварĕсем тăвакан промышленность министерствине, СССР Суту-илӳ министерствине тата интересленекен ытти министерствăсемпе ведомствăсене çапла тума хушас: çĕрулмипе пахча çимĕçсен хатĕрлев хакĕсемпе сутăн илмелли хакĕсене çĕнĕрен тунă май, хăйне ларакан хакăн планне тата ытти показательсене, çавăн пекех тупăшсемпе расходсен балансĕсене улăштарас тĕлĕшпе расчетсене пĕр уйăх хушшинче СССР Госэкономкомиссине тăратмалла.

СССР Госэкономкомиссипе СССР Финанс министерстви çав асăннă расходсене пăхса тухмалла тата халăх хуçалăх планне, тивĕçлĕ министерствăсемпе ведомствăсен тупăшсемпе расходсен 1956 çулхи балансĕсене тивĕçлĕ улшăнусем кĕртмелле.

12. Хуласемпе промышленность центрĕсенчи халăха çĕрулмипе пахча çимĕçсем парса тăрассине лайăхлатма, колхозсемпе колхозниксене ытлашши çĕрулмипе пахча çимĕçе сутма пулăшас тесе, Центросоюза хуласенче тата промышленность центрĕсенче комиссионнăй йĕркепе çĕрулми, пахча çимĕç тата ир пулакан çимĕс пахча-çимĕç сутассине вăйлатма хушас, çавăнпа комиссионнăй йĕркепе сутма йышăнакан пахча çимĕçе, улма-çырлана тата ир пулакан çимĕс пахча-çимĕçе сутас тĕлĕшпе специализациленĕ магазинсем çĕнĕрен 150-ран кая мар уçмалла.

13. Пахча çимĕç туса илессине ӳстерес тата вĕсене акса тăвассине пĕтĕçтерес шутпа, пысăк хуласен, промышленность центрĕсем тавра тата пахча çимĕçрен тĕрлĕ продукци туса кăларакан промышленноçăн зонисенче, çавăн пекех пахча çимĕç ӳстерме тăпрапа çанталăк условийĕсем пуринчен лайăхрах районсенче вырнаçнă колхозсене специализацилес, пахча çимĕçе катаран турттарассине май килнĕ таран чакарас шутпа, СССР Ялхуçалăх министерствине 1957 çултан пуçласа обязательнăй йĕркепе пахча çимĕç памалли тата государствăна сутмалли йĕркерен контрактаци йĕрки çине куçасси çинчен СССР Министрĕсен Советне сĕнӳ тăратма хушас.

• • •

КПСС Центральнăй Комитечĕпе ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕ çапла шутлаççĕ: çав постановленире палăртнă ĕçсене пурнăçлани вăл çĕрулмипе пахча çимĕç туса илессине тĕпренех лайăхлатма кирлĕ условисене пурне те туса хурать тата çав культурăсене туса илес тĕлĕшпе юлса пынине пĕтерме май парать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ тата СССР Министрĕсен Совечĕ союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, парти крайкомĕсемпе обкомĕсене, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене çапла тума хушаççĕ: çак постановление колхозниксене, МТС-семпе совхозсенчи рабочисене тĕплĕн ăнлантарса памалла, халăха тата промышленноçа питех те кирлĕ çĕрулмипе пахча çимĕçе çитес икĕ çул хушшинче нумайран та нумай туса илес тесе, колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче ĕçе лайăх организацилемелле.

***КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Н. ХРУЩЕВ.***

***ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Н. БУЛГАНИН.***

# СССР халăх хуçалăхне аталантармалли 1955 çулхи государство планнĕ тултарни çинчен

## СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй статистика управленийĕ пĕлтерни

1955 çулта промышленность, ялхуçалăхĕ тата транспорт аталанни, капитальнăй строительство ӳсни, шалти тата тулашри суту-илӳ вăйланни, рабочисемпе служащисен йышĕ ӳсни, халăхăн материальнăй тата культурăлла пурнăçĕ лайăхланса пыни çакăнтан курăнать:

### I. ПРОМЫШЛЕННОÇРА ПРОИЗВОДСТВО ПЛАННЕ ТУЛТАРНИ

Продукци туса кăлармалли çулталăкри плана, пĕтĕмĕшпе илсен, промышленность 103 процент тултарнă. Промышленность продукцийĕ туса кăлармалли çулталăкри плана уйрăм министерствăсем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1955 çулта çулталăкри плана тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| СССР Хура металлурги министерстви | 103 |
| СССР Тĕслĕ металлурги министерстви | 104 |
| СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви | 99,7 |
| СССР Нефть промышленность министерстви | 104 |
| Хими промышленность министерстви | 104 |
| Электростанцисен министерстви | 104 |
| Электротехника промышленность министерстви | 105 |
| Радиотехника промышленность министерстви | 102 |
| Йывăр машиностроени министерстви | 105 |
| Станоксем тата инструментсем тăвакан промышленность министерстви | 101 |
| Транспорт машиностроени министерстви | 105 |
| Автомобиль промышленность министерстви | 104 |
| Трактор тата ялхуçалăх машиностроени министерстви | 102 |
| Халиччен пулнă Машиностроени тата приборостроени министерствин предприятийĕсем | 103 |
| Строительствăпа çул-йĕр машинисем тăвакан промышленность министерстви | 104 |
| СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви | 101 |
| СССР Вăрман промышленность министерстви | 98 |
| СССР Хут тата йывăç япаласем тăвакан промышленность министерстви | 100,6 |
| СССР Пир-авăр промышленность министерстви | 104 |
| СССР Çăмăл промышленность министерстви | 105 |
| СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви | 102 |
| СССР Пулă промышленность министерстви | 97 |
| СССР Аш-какайпа сĕт продукчĕсен промышленность министерстви | 104 |
| Çул-йĕр министерствин промышленность предприятийĕсем | 107 |
| СССР Культура министерствин промышленность предприятийĕсем | 104 |
| СССР Сывлăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 105 |
| Союзлă республикăсенчи Вырăнти тата топливо промышленность министерствисем, Вырăнти промышленность министерствисем | 106 |
| *Промысла кооперацийĕ* | 105 |

КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрĕсен Совечĕ палăртнă ĕçсене пурнăçланипе иртнĕ çулта промышленноçа тата, пуринчен малтан, халăх хуçалăхне аталантармалли никĕс пулса тăракан йывăр промышленноçа, çавăн пекех промышленноçăн халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан отраслĕсене малалла вăйлатнă.

1955 çулта ССР Союзĕн мĕнпур промышленноçĕ туса кăларнă пĕтĕм продукци, 1954 çулхипе танлаштарсан, 12 процент ӳснĕ.

Партипе Правительство чĕннипе промышленноçри рабочисем, инженерсемпе техниксем, вырăнти резервсемпе усă курса, планран ирттерсе чылай продукци туса кăларма обязательствăсем йышăннă. Çав обязательствăсене пурнăçланипе чи кирлĕ продукци туса кăлармалли çулталăкри плана ирттерсе тултарнă.

Йывăр промышленноçра хурçă шăратса хура металсен прокачĕ туса кăлармалли, тимĕр тата марганец руди кăлармалли, рафинированнăй пăхăр, цинк, хура тăхлан, алюмини туса кăлармалли, нефть, торф, сланецсем, çĕр айĕнчи газ кăлармалли, бензин, дизельсем валли топливо, мазут, машинăсене сĕрмелли çу, электроэнерги, каустически тата кальцинированнăй сода, сăрăсемпе ытти химикатсем, синтетически каучук, автопокрышкăсем, электровакуум приборĕсем, тĕрĕс ĕçлекен станоксем, металлурги оборудованийĕ, магистральнăй электровозсем, тракторсем, кукуруза пухса кĕртмелли тата сахăр кăшманĕ кăлармалли комбайнсем, груз турттармалли автомобильсемпе çăмăл автомобильсем, мотоциклсем, тракторпа ĕçлемелли бульдозерсем, экскаваторсем, автогрейдерсем, шариковăй тата роликовăй подшипниксем, хут, чӳрече кантăкĕ, çурт витмелли япаласем, асбест тата ытти йышши продукци туса кăлармалли плана ирттерсе тултарнă.

Куллен кирлĕ таварсем; çĕр мамăкĕ, йĕтĕн тата çăм пир-авăр, чăлха-носки, аялтан тата çиелтен тăхăнмалли трикотаж, сăран тата резина атă-пушмак, фотоаппаратсем, выльăх çăвĕ, сыр, сĕт тата сĕт продукчĕсем, ӳсентăран çăвĕ, маргарин, колбаса, консервсем, кондитерски изделисемпе макарон изделийĕсем, чей, виноград эрехĕ, папирос, шăрпăк, супăнь тата ытти чылай промышленность таварĕсемпе апат-çимĕç таварĕсем çулталăкри планран ирттерсе туса кăларнă.

Хăшпĕр министерствăсем государство планĕпе çирĕплетнĕ номенклатура тăрăх промышленность продукцийĕ туса кăлармалли заданисене пурнăçламан.

СССР Хура металлурги министерстви—чугун шăратмалли тата хăшпĕр йышши прокат туса кăлармалли плана, СССР Тĕслĕ металлурги министерстви—хăшпĕр йышши тĕслĕ металсем туса кăлармалли плана тултарса çитереймен. СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви, çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, Донец тата Печора бассейнĕсенче çĕр кăмрăкĕ кăлармалли плана тултарса çитереймен, çавăн пекех çĕр кăмрăк брикечĕсем туса кăлармалли плана та тултарса çитереймен. Хими промышленность министерстви калийлĕ удобренисемпе кӳкĕрт кислоти туса кăлармалли плана тултарса çитереймен, Электротехника промышленность министерстви—турбогенераторсемпе трансформаторсем туса кăлармалли плана, Йывăр машиностроени министерстви—прокат оборудованийĕ туса кăлармалли плана, Станоксем тата инструментсем тăвакан промышленность министерстви—хăшпĕр йышши тимĕрçĕ-пресс машинисемпе станоксем туса кăлармалли плана, Транспорт машиностроени министерстви—тавар турттармалли вагонсем, тепловозсем тата дизельсем туса кăлармалли плана, Трактор тата ялхуçалăх машиностроени министерстви—«КДП-35» маркăллă пропашной тракторсем, вăрлăх тасатмалли машинăсем, силос валли акнă культурăсене пухса кĕртмелли комбайнсем туса кăлармалли плана, халиччен пулнă Машиностроени тата приборостроени министерствин предприятийĕсем—хими оборудованийĕ туса кăлармалли плана тултарса çитереймен. СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви—цемент, тимĕрбетон изделийĕсем, кирпĕч тата шифер туса кăлармалли плана, СССР Вăрман промышленность министерстви—ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăлармалли плана хăма çурмалли плана, СССР Хут тата йывăç япаласем тăвакан промышленность министерстви—сĕтел-пуканпа фанера туса кăлармалли плана, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви—сахăр туса кăлармалли плана тултарса çитереймен. СССР Пулă промышленность министерстви пулă тытмалли плана тултарса çитереймен.

Чылай министерствăсем енĕпе плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, нумай предприятисем производство планне тултарайман. Уя пек предприятисем Трактор тата ялхуçалăх машиностроени министерствин, СССР Хут тата йывăç япаласем тăвакан промышленность министерствин, СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствин уйрăмах нумай пулнă. Çĕр кăмрăк шахтисем, вăрманпромхозсем тата пулă промышленность предприятийĕсем те чылайăшĕ производство планне тултарман. Промышленноçăн нумай предприятийĕсем халиччен те цехсем, йĕркеллĕ ĕçлеймен, продукци туса кăларассине пĕр тикĕс пурнăçласа пырайман.

### II. ПРОМЫШЛЕННОСТЬ ПРОДУКЦИЙĔ ТУСА КĂЛАРАССИ ӲСНИ

Промышленноçăн чи кирлĕ продукцийĕсене туса кăларасси 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ пулнă:

| | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) | | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) |
|---|---|---|---|
| Чугун | 111 | Крассин | 131 |
| Хурçă | 109 | Дизельсем валли топливо | 131 |
| Прокат | 110 | Çĕр айĕнчи газ | 120 |
| Хурçă трубăсем | 106 | Электроэнерги | 113 |
| Рафинированнăй пăхăр | 112 | Минераллă удобренисем | 120 |
| Çĕр кăмрăкĕ | 113 | Кальцинированнăй сода | 109 |
| çав шутра кокс тумалли çĕр кăмрăкĕ | 109 | Каустически сода | 113 |
| | | Сăрăсем | 116 |
| Нефть | 119 | Синтетически каучук | 112 |
| Бензин | 118 | Автопокрышкăсем | 110 |

| | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) | | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) |
|---|---|---|---|
| Пăс турбинисем | 96 | Кукуруза пухса кĕртмелли комбайнсем | 169 |
| Гидравлически пысăк турбинăсем | 122 | Тырă тасатмалли машинăсем | 197 |
| Турбогенераторсем | 123 | Ĕçе юрăхлă йывăç турттарса кăларасси | 104 |
| Гидрогенераторсем | 110 | Хут | 105 |
| Электричествăпа ĕçлекен пысăк машинăсем | 116 | Цемент | 118 |
| Электродвигательсем | 110 | Чӳрече кантăкĕ | 115 |
| Магистральнăй электровозсем | 123 | Шифер | 118 |
| Магистральнăй тепловозсем | 110 | Çурт витмелли япаласем | 113 |
| Магистральнăй пăравуссем | 86 | Кирпĕч | 112 |
| Тавар турттармалли магистральнăй вагонсем | 144 | Тимĕрбетон изделийĕсем | 153 |
| Троллейбуссем | 100 | Çĕр мамăк пир-авăр | 106 |
| Груз турттармалли автомобильсем | 109 | Йĕтĕн пир-авăр | 106 |
| Çăмăл автомобильсем | 114 | Çăм пир-авăр | 103 |
| Автобуссем | 104 | Пурçăн пир-авăр | 102 |
| Мотоциклсем | 119 | Çĕвĕ изделийĕсем | 111 |
| Шариковăй тата роликовăй подшипниксем | 119 | Чăлха-носки | 114 |
| Металлурги оборудованийĕ | 112 | Аялтан тăхăнмалли трикотаж | 105 |
| Экскаваторсем | 108 | Çиелтен тăхăнмалли трикотаж | 112 |
| Металл касакан станоксем | 115 | Мĕнпур йышши атă-пушмак | 107 |
| çав шутра пысăк, йывăр тата уникальнăй станоксем | 124 | Велосипедсем | 121 |
| Йывăр тата уникальнăй тимĕрçĕ-пресс машинисем | 186 | Радиоприемниксем | 122 |
| Хими оборудованийĕ | 104 | Телевизорсем | 194 |
| Шутламалли машинăсем | 124 | Çĕвĕ машинисем | 126 |
| Çип арлакан машинăсем | 105 | Сехетсем | 120 |
| Тракторсем | 121 | Фотоаппаратсем | 133 |
| Трактор плугĕсем | 102 | Пианинăсемпе рояльсем | 132 |
| Тракторпа ĕçлемелли сеялкăсем | 129 | Холодильниксем | 161 |
| Тракторпа ĕçлемелли культиваторсем | 120 | Кĕпе çумалли машинăсем | 190 |
| Çĕрулми лартмалли машинăсем | 102 | Сĕтел-пукан | 108 |
| Тĕштырă пухса кĕртмелли комбайнсем | 124 | Аш-какай | 103 |
| Виндроуэрсем | 340 | Колбаса | 108 |
| Сахăр кăшманĕ кăлармалли *комбайнсем* | 141 | Сахăр | 131 |
| Çĕрулми кăлармалли комбайнсем | 96 | Пулă | 109 |
| | | Выльăх çăвĕ | 118 |
| | | Сыр | 122 |
| | | Сĕт продукчĕсем | 121 |
| | | Маргарин | 102 |
| | | Макарон | 118 |
| | | Консервсем | 118 |
| | | Виноград эрехĕ | 105 |
| | | *Шампански эрех* | 124 |
| | | Супăнь | 101 |
| | | Шăрпăк | 118 |

Йывăр промышленноçăн чи кирлĕ продукцийĕсене туса кăларасси ӳсни халăх хуçалăхне чĕртавар, материалсем, топливо, электроэнерги тата оборудовани парса тăрассине лайăхлатма май панă.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ӳстернĕ. Çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленность предприятийĕсенче туса кăларакан япаласен ассортиментне пахалăхĕ лайăхланнă, халăх ытларах ыйтакан продукци туса кăларасси ӳснĕ. Çапла, çĕр мамăк пир-авăр туса кăларасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 6 процент ӳснĕ пулсан, ворсовăй пир-авăр туса кăларасси—65 процент, тумтир çĕлемелли меланжевăй пир-авăр туса кăларасси—8 процент, сĕтел-пукан çине витмелли пир-авăр туса кăларасси—10 процент ӳснĕ; йĕтĕн пир-авăр туса кăларасси пурĕ 6 процент ӳснĕ пулсан, жаккардовăй пир-авăр туса кăларасси—13 процент, шуратман çӳхе пир туса кăларасси—8 процент, сарлака шурă пир туса кăларасси—14 процент ӳснĕ; чăлха-носки туса кăларасси 14 процент ӳснĕ пулсан, «капрон» çӳçĕнчен чăлха-носки туса кăларасси 30 процент ӳснĕ; çиелтен тăхăнмалли трикотаж туса кăларасси 12 процент ӳснĕ пулсан, çиелтен тăхăнма таса çăмран çыхнă трикотаж туса кăларасси 27 процент ӳснĕ; атă-пушмак туса кăларасси 7 процент ӳснĕ пулсан, илемлĕ атă-пушмак туса кăларасси 25 процент ӳснĕ. Аш-какайпа сĕт продукчĕсен ассортименчĕ нумайланнă.

1955 çулта промышленность таварĕсемпе апат-çимĕç таварĕсем туса кăларасси ӳснипе пĕрлех вĕсен пахалăхне те малалла лайăхлатса пынă. Çак вăхăтрах халăха кирлĕ таварсем туса кăларакан хăшпĕр предприятисем, уйрăмах вырăнти промышленноçпа кооперации промышленноçĕн предприятийĕсем, пахалăх тĕлĕшĕнчен начартарах продукци туса кăларнă.

Промышленноçра оборудованипе усă курасси кăштах лайăхланнă. 1955 çулта СССР Хура металлурги министерствин заводĕсенче домна кăмакисен усăллă калăпăшĕпе 1954 çулхинчен 4 процент лайăхрах усă курнă, мартен кăмакисенче кашни тăваткал метр кăмака тĕпĕ пуçне 4 процент нумайрах хурçă шăратса кăларнă. СССР Нефть промышленность министерствин предприятийĕсенче чĕртавартан таса нефтепродуктсем туса илесси ӳснĕ, нефть кăлармалли скважинăсемпе сăнамалли скважинăсем пăрала хăвăртлăх ӳснĕ. Электростанцисен министерствин электростанцийĕсенче электроэнерги туса илме топливо расходласси чакнă. СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерствин предприятийĕсенче цемент кăмакисемпе цемент арманĕсен ĕç тухăçлăхĕ 1954 çулхинчен чылай ӳснĕ. Пир-авăр промышленноçĕпе çăмăл промышленность предприятийĕсенче оборудованипе усă курасси лайăхланнă.

Çапах та промышленноçра продукци туса кăларассине ӳстерме пулăшакан резервсем чылай-ха. Çĕр кăмрăк шахтисенче—сăрт-ту техникипе, нефть промышленность предприятийĕсенче—пăраламалли оборудованипе, вăрман хатĕрленĕ çĕрте —машинăсемпе тата механизмсемпе ку таранччен çителĕксĕр усă курассĕ.

Машинăсем тăвакан нумай заводсенче те оборудовани чылай вăхăт хушши ахаль тăрать, ĕçсĕр тăракан тата вырнаçтарса лартман оборудовани нумай. Оборудованине модернизацилесе унăн ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе çителĕклĕ таран ĕçлемессĕ. Промышленноçра, уйрăмах машиностроенире, производствăна специализацилес тата кооперацидес ĕçе вăйлатасси çине çителĕклĕ таран тимлĕ пăхман.

1955 çулта промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне йӳнетме çирĕплетсе панă плана, çавăн пекех тупăшсем илмелли плана ирттерсе тултарнă. Продукцин хăйне ларакан хакĕ, шайлаштармалли хаксемпе шутласа 1954 çулхипе танлаштарсан, 4,7 процент чакнă. СССР Вăрман промышленность министерстви, Станоксем тата инструментсем тăвакан промышленность министерстви, СССР Пулă промышленность министерстви промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана тултарайман.

Промышленность енĕпе плана пĕтĕмĕшпе ирттерсе тултарнă пулсан та тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тата накоплениссем тăвас тĕлĕшпе хăйсене çирĕплетсе панă заданисене пурнăçласа пыман предприятисен хисепĕ чакнă пулсан та, нумай предприятисем 1955 çулта та чĕртавар, электроэнерги тата материалсем ытлашши расходланă, цехсенче тата пĕтĕм заводĕпе тăвакан расходсем ытлашши пулнă тата брак пулнипе тăкаксем тунă, çавна пула вара продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли заданисене тата тупăшсем илмелли плана тултарайман.

### III. ХАЛĂХ ХУÇАЛĂХНЕ ÇĔНĔ ТЕХНИКА КĔРТСЕ ПЫНИ

1955 çулта халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенчи производство ӳсни тата лайăхланни çĕнĕ техника малалла аталаннă тата унпа усă курнă никĕс çинче пулса пынă. Автоматикăна, телемеханикăна, радиотехникăна, электроникăна, техникăн ытти çĕнĕ çитĕнĕвĕсене производствăна кĕртсе пынă. Мирлĕ тĕллевпе атом энергийĕпе усă курас тĕлĕшпе ĕçсем туса ирттĕрнĕ.

Сĕршыври машиностроени промышленноçпа строительство валли, ялхуçалăхĕпе транспорт валли çĕнĕ оборудовани, çĕнĕ маркăллă оборудовани, çĕнĕ йышши математика машинисем туса кăларма тытăннă. Машинăсем тăвакан предприятисенче çĕнĕ, пысăк тухăçлă технологи процесĕсемпе усă курма тытăннă. Анчах машинăсем тăвакан заводсем çĕнĕ те тухăçлă машинăсемпе оборудовани туса кăларма вăраххăн хăнăхса пынă. Кучухнехи станок-автоматсем, хăшпĕр йышши тимĕрçĕ-пресс тата металл шăратмалли оборудовани туса кăларасси çителĕксĕр аталанать, çĕнĕ машинăсем валли çĕнĕ электрооборудовани туса кăларасси вăраххăн пырать; трактор тата ялхуçалăх машиностроени ялхуçалăхĕнчи, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçри производство процесĕсене комплексла механизацилеме кирлĕ машинăсем туса хатĕрлемен, вĕсен конструкцийĕсене питĕ вăраххăн туса хатĕрлессĕ. Халиччен пулнă Машиностроени тата приборостроени министерствин предприятийĕсем кучухнехи полиграфи машинисем, шутламалли пысăк тухăçлă машинăсем, пир-авăр, трикотаж тата атă-пушмак машинисем туса кăлармассĕ.

Хура металлургинче домна кăмакисенче колошник айĕнче пысăк давленилĕ газпа ытларах усă курма тытăннă, сахал марганцлă чугун шăратса кăларасси ӳснĕ; мартен производствинче кислородпа усă курса хурçă шăратса кăларасси ӳснĕ, мартен кăмакисене шал енчен вут-çулăма парăнман чи çирĕп материалсемпе витес ĕçе малалла туса пынă. Çавăнпа пĕрлех хура металлурги предприятийĕсенче прокатăн перекетлĕ профилĕсене туса кăларасси вăраххăн аталанать. Тĕслĕ металлурги предприятийĕсем рудасемпе концентратсенчен тĕслĕ металл туса кăлармалли заданисене çителĕксĕр пурнăçлассĕ.

Çĕр кăмрăк промышленноçĕн шахтисен вăтам сийлĕ вырăнĕсенче çĕнĕ йышши «Донбасс-4» тата «Донбасс-6» кăмрăк комбайнĕсемпе усă курма тытăннă, çавăн пекех кăмрăк кăларакан вырăнсене куçса çӳрекен механизациленĕ хатĕрсемпе тĕреклетме пуçланă; çакă вăл лавăсенчи ĕçсене комплексла механизацилеме май парать. 1955 çулта лавăсенче кăмрăка механизмсемпе тиесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 24 процент, кăмрăк кăларма хатĕрленнĕ чухне тухакан кăмрăкпа тăпрана механизмсемпе тиесси—17 процент ӳснĕ. Анчах çав ĕçсене çителĕксĕр механизациленĕ-ха, вăл кăмрăк кăларас ĕçĕн ытти процесĕсене механизацилениннчен юлса пырать; 1955 çулта СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви асăннă ĕçсене механизацилемелли тата çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртмелли ытти заданисене те пурнăçлайман.

Нефть промышленноçĕнче скважинăсене хăвăрт пăраласси тата скважинăсене турбиннăй меслетпе пăраласси ӳснĕ, мĕнпур скважинăсен 83 процентне пăраланă. Мĕнпур нефтьрен 60 процентне тăпра сийĕсене пусса тăнипе усă курмалли меслетсемпе тата пĕр вырăнтах иккĕмĕш хут кăлармалли меслетпе усă курса кăларнă. Анчах СССР Нефть промышленность министерстви 1955 çулта çĕнĕ техникăпа усă курма государство çирĕплетнĕ планпа палăртнă чи кирлĕ чылай ĕçсене пурнăçа кĕртмен.

1955 çулта хими промышленноçĕ ялхуçалăхĕнчи ӳсентăрансене сиен кӳрекен хурт-кăпшанкăсене пĕтерекен хăватлă ядохимикатсем туса кăларма тытăннă. Анчах хими промышленноçĕнче пысăк концентратлă минераллă удобренисем туса кăларассине вăраххăн пурнăçлассĕ, ядохимикатсемпе сăрăсен ассортиментне çителĕксĕр, апат-çимĕç продукчĕсем тума юрăхлă чĕртаварсем промышленноçра сахалтарах расходламалла тăвас тĕлĕшпе çутçанталăк тата нефть газĕсемпе çителĕксĕр усă курассĕ.

Топливăпа ĕçлекен электростанцисенче, гидроэлектростанцисенче тата электричество паракан линисенче ĕçе автоматизацилесси малалла пулса пынă. Топливăпа ĕçлекен электростанцисенче пысăк давленилĕ тата перекетлĕ хатĕрсемпе усă курасси вăйланса пынă. Çав вăхăтрах топливăпа ĕçлекен электростанцисен топливо хуçалăхĕнче йывăр тата вăй нумай ыйтакан ĕçсене çителĕксĕр механизациленĕ.

Строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра хăвăрт хытакан цемент тата чăтăмлă арматурăллă тимĕрбетон конструкцийĕсемпе детальсем туса кăларма тытăннă. Анчах 1955 çулта СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви çаврăнакан цемент кăмакисене çĕнетсе лайăхлатмалли, шифер завочĕсенче автоклавсем вырнаçтарса лартмалли ĕçсен планне тултарман.

1955 çулта строительствăра, тимĕрбетон конструкцийĕсемпе детальсем туса кăларакан предприятисене ĕçе янă пирки, пухнă тимĕрбетонпа усă курасси ӳснĕ.

1955 çулта СССР Вăрман промышленность министерствин предприятийĕсенче механизмсемпе йывăç хатĕрлесси, 1954 çулхипе танлаштарсан, пăртак ӳснĕ. Анчах йывăç хатĕрлес ĕçри тĕп процессене механизацилеме çирĕплетнĕ плана тултарман. Йывăç хатĕрлес ĕçе цикл меслечĕпе организацилесси çителĕксĕр пырать.

1955 çулта пир-авăр тата çăмăл промышленноçра пысăк тухăçлă оборудованипе усă курасси ӳснĕ. Çĕр мамăк, çăм тата йĕтĕн промышленноçĕнче пир тĕртекен пысăк тухăçлă автомат-станоксемпе, çип арлакан кольцевăй машинăсемпе тата çипе лайăх çинçетсе тăсакан приборсемпе усă курнă. Атă-пушмак предприятийĕсенче рантăлла атă-пушмак производствинче механизациленĕ, поток линийĕсене пурнăçа кĕртнĕ. Апат-çимĕç промышленноçĕн предприятийĕсенче çĕнĕ, пысăк тухăçлă технологи процесĕсене пурнăçа кĕртнĕ, вĕсем продукци ытларах туса кăларма, продукцин пахалăхне лайăхлатма, производство циклне чакарма пулăшассĕ. Апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларас ĕçре механизациленĕ агрегатсемпе, потокпа автоматлă линисемпе усă курасси малалла пулса пынă. Анчах çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕнче çĕнĕ, пысăк тухăçлă оборудованипе тата çĕнĕ технологи процесĕсемпе питĕ çителĕксĕр усă курассĕ.

Иртнĕ çулта халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче производствăна çĕнетсе лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, чĕртаварпа материалсем перекетлеме пулăшакан рационализаципе изобретательство ĕçĕ малалла аталаннă. 1955 çулта промышленноçра, строительствăра, транспортра изобретенисене, техникăна çĕнетсе лайăхлатакан ĕçсене, рационализаторла сĕнӳсене — пĕтĕмпе пĕр миллиона яхăн пурнăçа кĕртнĕ.

### IV. ЯЛХУÇАЛĂХĔ

Партипе Правительство ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе йышăннă пысăк ĕçсене пурнăçа кĕртнине пула колхозсем, машина-трактор станцийĕсем тата совхозсем 1955 çулта тĕштырă тата ытти ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине ӳстерчĕç.

1955 çулта пухса кĕртме акнă мĕнпур ялхуçалăх культурисен лаптăкĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 19,7 миллион гектар, юлашки икĕ çул хушшинче вара—29 миллион гектара яхăн ӳснĕ. Акакан çĕр лаптăкĕ, тĕпрен илсен, халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çине тырпул акма тытăннипе ӳснĕ. 1954 çулта колхозсемпе совхозсем халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çине мĕнпур ялхуçалăх культурисене 5 миллион гектар акнă пулсан, 1955 çулта 20 миллион гектар ытла акнă.

Акакан çĕр лаптăкĕн структурине лайăхлатнă. Тĕштырă культурисем акакан çĕр лаптăкĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 13 процент, юлашки икĕ çул хушшинче вара—18 процент ӳснĕ. Çав çĕр лаптăкĕ, тĕпрен илсен, тулăпа кукуруза ытларах акнипе ӳснĕ. Çакă апат-çимĕç валли тĕштырă туса илессине ӳстерме тата выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетме май панă.

Йĕтĕн-долгунец, кантăр, хĕвелçаврăнăш, сахăр кăшманĕ, çĕрулми, пахча çимĕç тата бахча культурисем акса-тăвасси те ӳснĕ; 1955 çулта çĕр мамăкĕ акса-тăвасси 1954 çулхипе пĕр шайрах юлнă.

Колхозсемпе совхозсем 1954 тата 1955 çулсенче халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсемпе усă курма тытăннă районсенче 30 миллион гектар, пĕтĕм сĕршывĕпе вара—33 миллион гектар çĕре сухаласа пăрахнă, çавна пула халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсем çинче 1956 çулта тырпул акса-тăвассине малалла сарса пыма условисем тунă. Иртнĕ çулта халиччен сухаламан тата нумай вăхăт хушши сухаламасăр выртнă çĕрсен районĕсенче çĕнĕрен 301 совхоз организациленĕ, икĕ çул хушшинче вара çав районсенче пĕтĕмпе 425 совхоз организациленĕ. 1955 çулхи кĕркунне колхозсемпе совхозсем кĕрхи çĕртме сухи 1954 çулхи кĕркуннехинчен чылай нумайрах туса хăварнă.

Казахстанта тата хĕвелтухăçĕнчи ытти чылай районсенче çанталăк условийĕсем начар тăчĕç пулсан та, пĕтĕм çĕршывĕпе 1954 çулхинчен чылай нумайрах тĕштырă пухса кĕртнĕ.

Кукуруза тĕшшине пухса кĕртесси 3,6 хут ӳснĕ. Силос тума тата выльăха симĕслĕ çитерме усă курнă кукурузăн симĕс массине темиçе хут нумайрах туса илнĕ.

1955 çулта Украина ССР-ĕнче, Молдаван ССР-ĕнче, центрти хура тăпраллă облаçсенче, Атăл тăрăхĕнчи тата Çурçĕр Кавказри нумай облаçсенче, çавăн пекех ытти хăшпĕр районсенче тухăçлă тĕштырă туса илнĕ.

1954 çулхипе танлаштарсан, йĕтĕн-долгунец сӳсĕ 74 процент, сахăр кăшманĕ—54 процент, хĕвелçаврăнăш—2 хута яхăн, пахча çимĕç—12 процент ытларах туса илнĕ. Çĕр мамăкĕ тата çĕрулми 1954 çулхинчен кăштах сахалтарах туса илнĕ.

1955 çулта тырпула кĕске срокссенче пухса кĕртнĕ. Анчах та нумай колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче тырпул пухса кĕртнĕ вăхăтра тĕштырă тата ытти ялхуçалăх культурисене чылай тăкналанă.

Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем—сĕт, аш-какай, çăм, çăмарта туса илесси ӳснĕ. Колхозсенче сĕт суса илесси 1955 çулта 31 процент ӳснĕ. Колхозсенче кашни ĕнерен сĕт суса илесси 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинчи тапхăрта 16 процент, 1955 çулăн тăваттăмĕш кварталĕнче, 1954 çулăн çав тапхăрĕпе танлаштарсан,—пĕрре çурă хут ытла ӳснĕ. Анчах та 100 гектар çĕр пуçне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илесси, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ нумай колхозсемпе совхозсенче халĕ те пĕчĕкçĕ-ха.

Продукци паракан пур выльăх-чĕрлĕхĕн йышĕ ӳснĕ. Перепись даннăйĕсем тăрăх, хуçалăхсен мĕнпур категорийĕсенче— колхозсенче, совхозсенче, колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсенче—продукци паракан выльăх-чĕрлĕхĕн пĕтĕм йышĕ 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе танлаштарсан, çакăн чухлĕ пулнă (миллионшар пуçпа шутласан):

| | 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне | 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне |
|---|---|---|
| Мăйракаллă пĕтĕм шутра выльăх шучĕ | 64,9 | 67,0 |
| çав шутра ĕнесен шучĕ | 27,5 | 29,2 |
| Сыснасен шучĕ | 51,1 | 52,1 |
| Сурăхсен шучĕ | 117,5 | 124,9 |

(Юлашки 3-мĕш страницăра).

# СССР халăх хуçалăхне аталантармалли 1955 çулхи государство планне тултарни çинчен

## СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй статистика управленийĕ пĕлтерни

(Юлашки. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Çапла вара 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинче майракаллă шултра выльăх шучĕ 2,1 миллион пуç, ĕнесен шучĕ—1,7 миллион пуç, сыснасен шучĕ—1 миллион пуç тата сурăхсен шучĕ—7,4 миллион пуç чухлĕ ӳснĕ.

Колхозсен обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕ 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕпе 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ хушшинчи тапхăрта çакăн чухлĕ ӳснĕ: ĕнесен шучĕ—5 процент, сыснасен шучĕ—3 процент тата сурăхсен шучĕ—2 процент ӳснĕ. СССР Совхозсен министерствин совхозĕсенче выльăхсен йышĕ çав тапхăрта çакăн чухлĕ ӳснĕ: ĕнесен шучĕ—7 процент, сыснасен шучĕ—9 процент, сурăхсен шучĕ—5 процент ӳснĕ. Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсенчи ĕнесен тата сурăхсен хисепĕ ӳснĕ.

Колхозсемпе совхозсенче выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетес тата выльăх апачĕн ресурсĕсене ӳстерес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. 1955 çулта колхозсем, 1954 çулхипе танлаштарсан, обществăлла выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма апат нумайрах хатĕрленĕ. Тĕштырă, силосланă кукуруза пусĕсем тата силос нумайрах хатĕрленине пула выльăх апачĕн пахалăхĕ те лайăхланнă. Силос сооруженийĕсем нумай тунă. Çапах та халлĕхе хăшпĕр районсенче колхозсемпе совхозсенчи выльăх-чĕрлĕх валли апат тата çуртсем çителĕклĕ мар.

Государство валли ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесси тата сутăн илесси ӳснĕ. 1955 çулта государствăна 1954 çулхинчен 147 миллион пăт нумайрах тырă панă тата сутнă. Сахăр кăшманĕ, йĕтĕн сӳсĕ, йĕтĕн вăрлăхĕ, хĕвелçаврăнăшĕ тата пахча çимĕç, çавăн пекех сĕт, аш-какай, çăмарта тата çăм, 1954 çулхипе танлаштарсан, чылай нумайрах хатĕрленĕ.

1955 çулта ялхуçалăхĕн материальнăй-техникăлла никĕсĕ малалла тĕрекленсе пынă. 1955 çулта ялхуçалăхне тракторсем (15 лаша вăйлĕ трактор çине куçарса шутласан) 218 пин, груз турттармалли автомобильсем 112 пин, тĕштырă пухса кĕртмелли комбайнсем 46 пин, тĕштырă пухса кĕртмелли комбайнсем валли подборщиксем 90 пин, çĕрулми кăлармалли комбайнсем 15 пин, силос культурисем пухса кĕртмелли комбайнсем 7 пин, кукуруза пухса кĕртмелли комбайнсем 4 пин, сахăр кăшманĕ кăлармалли комбайнсем 7 пин, трактор плугĕсем 98 пин, трактор сеялкисем 119 пин, трактор культиваторĕсем 105 пин, трактор косилкисем 23 пин тата çĕр ĕçлемелли, тырпул акмалли, пухса кĕртмелли ытти машинăсем, çавăн пекех выльăх-чĕрлĕх фермисем валли машинăсемпе оборудовани нумай туса панă.

Ялхуçалăхĕ техника тĕлĕшĕнчен пуянланса пыни колхозсемпе совхозсенчи ялхуçалăх ĕçĕсене татах та ытларах механизацилеме май панă. Машина-трактор станцийĕсем 1955 çулта ялхуçалăх ĕçĕсем 1954 çулхинчен 11 процент ытларах тунă. Колхозсенче çĕртмесемпе кĕрхи çĕртме сухисем тăвас, тĕштырă культурисем, çĕр мамăкĕ тата сахăр кăшманĕ акас тата лартас ĕçсене пĕтĕмĕшпе тенĕ пекех механизациленĕ. Мĕнпур тĕштырă культурисен 80 процентне ытла комбайнсемпе пухса кĕртнĕ. Çав вăхăтрах йĕтĕн-долгунец акас тата пухса кĕртес, кукуруза, çĕрулми, сахăр кăшманĕ, çĕр мамăкĕ, утă пухса кĕртес тата силос хывас ĕçсене механизацилесси кая юлса пырать. Тĕштырă культурисене çулса пултарса пухса кĕртес ĕçсене те анлăн туса пыман. Колхозсен выльăх-чĕрлĕх фермисенчи вăй нумай хумалли ĕçсене ытла та сахал механизациленĕ. Нумай машина-трактор станцийĕсенче трактор тата машина паркĕсемпе çителĕксĕр усă курассĕ; техникăлла культурăсем пухса кĕртмелли кăткăс машинăсемпе уйрăмах çителĕксĕр усă курассĕ. Нумай машина-трактор станцийĕсем колхозсемпе тунă договорсенчи хăйсен обязательствисене пĕтĕмпех пурнăçламассĕ. Колхозсене электрификацилес тата ялсенче гидроэлектростанцисем тăвас тĕлĕшпе çирĕплетнĕ заданисене те пĕтĕмпех пурнăçламан.

### V. ЧУГУН ÇУЛ, ШЫВ ÇУЛ ТАТА АВТОМОБИЛЬ ТРАНСПОРЧĔПЕ ГРУЗСЕМ ТУРТТАРАССИ ӲСНИ

1955 çулта чугун çул транспорчĕ грузсем турттармалли çулталăкри плана ирттерсе тултарнă. 1954 çулхипе танлаштарсан, грузсем турттарасси 13 процент ӳснĕ.

1955 çулта вăтам шутпа кашни талăкра грузсем тиемелли плана 103 процент тултарнă. Çĕр кăмрăкĕ, нефть, нефть продукчĕсем, торф, руда, хура металсем, минералсенчен туса кăларнă строительство материалĕсем, тăвар, тĕштырă, çăнăх турттармалли плана тултарнă тата ирттерсе тултарнă. Кокс, вутă, йывăç, минераллă удобренисем тата çĕр мамăкĕ турттармалли плана тултарайман.

1955 çулта грузсем турттармалли вагонсен çаврăнăшне ӳстермелли задание пĕтĕмĕшпе илсен пурнăçланă, анчах хăшпĕр чугун çулсем çак задание пурнăçласа çитереймен. Грузсем турттаракан поездсен коммерчески хăвăртлăхне ӳстермелли задание пурнăçланă. Грузсем турттаракан поездсен вăтам виçи, 1954 çулхипе танлаштарсан, 6 процент ӳснĕ; тонна-километр пуçне топливо сахалтарах расходланă. Анчах чугун çул транспортĕнче грузсем тиесе пушатнă вăхăтра тата техникăлла станцисенче вагонсем ахаль нумай ларассĕ.

Тинĕс транспорчĕ грузсен çаврăнăш планне тата грузсем турттармалли çулталăкри плана тултарнă. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, тинĕс флотĕнче грузсен çаврăнăшĕ 22 процент ӳснĕ. 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, тинĕс суднисем ахаль ларасси пăртак чакнă, анчах вĕсем ĕçсĕр нумай ларассĕ-ха.

Юханшыв транспорчĕ грузсем тиемелли çулталăкри плана тултарнă. 1955 çулта юханшыв транспортĕнче грузсем турттарасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, 8 процент ӳснĕ. Йывăçа тата вутта сулăсем туса турттармалли, çĕр кăмрăкĕ, металсем, минералсенчен тунă строительство материалĕсем, çĕр мамăкĕ, тăвар турттармалли плана ирттерсе тултарнă. Нефтьпе нефть продукчĕсене суднăсемпе турттармалли, суднăсемпе йывăç тата вутă турттармалли, руда, цемент, пулă, пулă продукчĕсем турттармалли плана тултарман. 1955 çулта юханшыв флочĕпе усă курмалли задание пурнăçламан. Юханшыв çинчи суднăсем ĕçсĕр нумай ларассĕ.

1955 çулта пурте усă куракан автомобиль транспортĕнче грузсен çаврăнăшĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 33 процент, грузсем турттарасси—48 процент ӳснĕ. Грузсене централизацилесе турттарасси малалла ӳснĕ. СССР Автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен министерстви грузсем турттармалли плана 100,1 процент тултарнă. Çак министерство, ытти министерствăсемпе тата ведомствăсемпе танлаштарсан, автомобиль транспорчĕпе лайăхрах усă курать. Анчах грузсем турттаракан пурте усă куракан автомобильсем ахаль ларни тата пушă çӳрени нумай-ха.

### VI. КАПИТАЛЬНĂЙ СТРОИТЕЛЬСТВО ӲСНИ

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, государство халăх хуçалăхне 106 процент чухлĕ укçа-тенкĕ хывнă. Халăх хуçалăхне укçа-тенкĕ хывмалли çулталăкри плана пĕтĕмпе 95 процент тултарнă.

Строительство министерствисемпе Главмосстрой строительствăпа монтаж ĕçĕсĕр çулталăкри планне çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1955 çулхи плана тултарнă (процентпа) | 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, (процентпа) |
|---|---|---|
| СССР Строительство министерстви | 100,1 | 108 |
| СССР Металлурги тата хими промышленность предприятийĕсем тăвакан министерство | 94 | 109 |
| Çĕр кăмрăк промышленноçĕн предприятийĕсене тăвакан министерство | 84 | 107 |
| Нефть промышленноçĕн предприятийĕсене тăвакан министерство | 93 | 113 |
| Электростанцисем тăвакан министерство | 95 | 114 |
| Транспорт строительствин министерстви | 95 | 105 |
| СССР Хула тата ял строительствин министерстви | 85 | 121 |
| Главмосстрой | 101 | 110 |

1955 çулта государство промышленноçĕнче шултра предприятисем 800 ытла туса пĕтерсе ĕçе янă. Халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче производство хăвачĕсем ӳснĕ.

Чылай пысăк электростанцисем, вĕл шутра Каховка, Горький, Нарва, Княжья Губа гидроэлектростанцийĕсене туса пĕтерсе ĕçе янă. Куйбышев гидроэлектростанцин пĕрремĕш агрегачĕ промышленноçа ток пачĕ. Череповецри металлурги завочĕн пĕрремĕш агрегачĕсем ĕçлеме тытăннă. Рудана тасатса лайăхлатмалли Криворожьери Южнăй комбинат, Сумгаитăра алюмини завочĕ, çавăн пекех металлурги промышленноçĕпе руда промышленноçĕнчи ытти предприятисем ĕçлеме тытăннă. Ново-Ишимбайри тата Омскри нефтьрен тĕрлĕрен япаласем туса кăларакан заводсене, Туймазапа Омск хушшинчи нефтепровода, çĕр кăмрăкĕ кăларакан çĕнĕ шахтăсемпе разрезсене, машинăсем тăвакан предприятисене, Самаркандри суперфосфат заводне, строительство материалĕсем тăвакан чылай предприятисене ĕçе янă.

Иртнĕ çулта Камышинăри, Херсонти пир-авăр комбиначĕсем, Барнаулти иккĕмĕш пир-авăр комбиначĕ, Минскри камвольнăй комбинат продукци пама пуçланă. Кокандăра, Лискинче, Каршинче, Хабаровскра экстракци меслечĕпе ӳсентăран çăвĕ туса кăларакан заводсене, Мироновăра, Кобелкра, Наркевичра—сахăр завочĕсене, çавăн пекех консерв тăвакан, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн ытти предприятийĕсене ĕçе янă.

Анчах хăшпĕр отраслĕсенче производство хăвачĕсене ĕçе ямалли плана тултарман. Производство хăвачĕсене ĕçе ямалли плана хура тата тĕслĕ металлургинче, çĕр кăмрăк промышленноçĕнче, хими промышленноçĕнче тата строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра чылай тултарман. Укçа-тенкĕне нумай стройкăсем тăрăх сапаласа ярассине пĕтермен-ха.

1955 çулта культурăпа йăла учрежденийĕсен пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсем, больницăсем, поликлиникăсем, ача сачĕсемпе яслисем, пионер лагерĕсем, кинотеатрсем, ытти культурăпа йăла учрежденийĕсен çурчĕсене лартас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттернĕ.

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, строительство организацийĕсем строительство хакне йӳнетнĕ. 1955 çулта нумай строительство организацийĕсем тупăшлă ĕçленĕ. Анчах строительство хакне йӳнетмелли задание пурнăçламан.

Строительство организацийĕсене пĕрлештерсе пысăклатни, Мускавра пĕр организаци—Главмосстрой туни паха результатсем панă. Главмосстрой строительствăра тимĕрбетон конструкцисемпе тата детальсемпе анлăн усă курать, строительство ĕçĕсене комплексла механизацилет, çавсене пурнăçлани ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме, Мускавра строительство хакне, 1954 çулхипе танлаштарсан, 7,5 процент йӳнетме май панă.

Строительство ĕçĕсене типовой проектсем тăрăх тăвасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, икĕ хут ӳснĕ, анчах строительство ĕçĕсене типовой проектсем тăрăх тăвасси çителĕксĕр пырать. Чылай министерствăсемпе ведомствăсен проект организацийĕсем типовой проектсем планпа палăртнă чухлĕ туса хатĕрлемен. Нумай çуртсемпе сооруженисене архитектура тĕлĕшĕнчен ытлашши илемлетнĕ пирки строительствăра государствăн чылай укçи-тенкине усăсăр расходланă.

Строительство машинисен тата транспорт хатĕрĕсен паркĕ ӳснĕ, строительство машинисемпе тата механизмсемпе усă курасси пăртак лайăхланнă. Анчах строительствăра ĕçсене çителĕксĕр индустриализациленĕ тата механизациленĕ. Пуринчен ытла материалсене тиесе пушатас ĕçе çителĕксĕр механизациленĕ, çĕр чавса купалас тата ытти нумай ĕçсене алăпа тăвассĕ.

### VII. ШАЛТИ ТАТА ТУЛАШРИ СУТУ-ИЛӲ ӲССЕ ПЫНИ

1955 çулта государство тата кооператив суту-илĕвĕ енĕпе халăха таварсем, танлаштармалли хаксемпе шутласан, 1954 çулхинчен 5 процент нумайрах сутнă. Çав вăхăтрах потребительсен кооперацийĕн, ялта суту-илӳ тăвакан организацин, вакăн сутакан тавар çаврăнăшĕ 1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, 6 процент ӳснĕ. Государствăна кооператив суту-илĕвĕ енĕпе ваккăн сутакан тавар çаврăнăшĕн çулталăкри планне ирттерсе тултарнă.

1955 çулта уйрăм апат-çимĕç таварĕсем сутасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ ӳснĕ: аш-какай тата аш-какайран тăвакан продуктсем—7 процент, пулă тата пулă продукчĕсем—14 процент, сыр—8 процент, сĕт тата сĕт продукчĕсем—25 процент, çăмарта—17 процент, пахча çимĕç—15 процент, улма-çырла тата бахчара акса ӳстерекен çимĕçсем 28 процент ытларах сутнă. Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ 1955 çулхи малтанхи виçĕ кварталта 1954 çулхи çав тапхăрта сутнинчен сахалтарах сутнă, 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта 1954 çулхи тăваттăмĕш кварталтинчен 28 процент нумайрах сутнă.

1955 çулта, 1954 çулхипе танлаштарсан, промышленноçăн нумай таварĕсене сутасси ӳснĕ, çав шутра: тумтир тата кĕпе-йĕм—9 процент, трикотаж изделийĕсем—8 процент, чăлхасемпе носкисем—8 процент, пурçăн пир-авăр — 4 процент, атă-пушмак—3 процент, хуçалăхра усă куракан супăнь 4 процент ытларах сутнă. Культурăпа йăлара кирлĕ пулакан таварсем сутасси чылай ӳснĕ: радиоприемниксем—20 процент, телевизорсем—60 процент, сехетсем—45 процент, фотоаппаратсем—27 процент, сĕтел-пукан—18 процент, çĕвĕ машинисем—13 процент, кĕпе çумалли машинăсем—86 процент, холодильниксем—65 процент, велосипедсем—17 процент, мотоциклсем—15 процент, çăмăл автомобильсем 22 процент ытларах сутнă.

1955 çулта халăха тата колхозсене производствăра кирлĕ таварсем сутасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ ӳснĕ: ĕçе юрăхлă йывăç—30 процент, цемент—19 процент, шифер — 22 процент, пăта—50 процент, чӳрече кантăкĕ—12 процент.

Чылай районсенче хăшпĕр таварсене халăх ытларах ыйтать, анчах çав таварсене халĕ те халăх ыйтнă чухлĕ парса тăраймассĕ-ха. Çав вăхăтрах суту-илӳ тăвакан хăшпĕр организацисем таварсене районсем тăрăх тĕрĕс валеçмессĕ, хăшпĕр районсене таварсем илсе пынă чухне унти халăх мĕн ыйтнине шута илмессĕ. Вырăнти чĕр таварсенчен таварсем туса кăларассине вăйлатма, çав таварсене сутма сахал тăрăшассĕ.

Колхоз пасарĕсенче ялхуçалăх продукчĕсем, уйрăмах сĕт, пахча çимĕç, улма-çырла сутасси, 1954 çулхипе танлаштарсан, ӳснĕ. Колхоз пасарĕсенчи хаксем 1955 çулхи январь—август уйăхĕсем хушшинчи тапхăрта, 1954 çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан,—пысăкрах, 1955 çулхи сентябрь—декабрь уйăхĕсем хушшинчи тапхăрта, 1954 çулхи çав тапхăртипе танлаштарсан, йӳнĕрех пулнă. 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта пасарсенче тырпул, сĕт, выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, улма-çырла, пахча çимĕç хакĕсем йӳнелнĕ.

Тулашри суту-илӳ енĕпе Совет Союзĕ 1955 çулта урăх çĕршывсемпе экономикăлла çыхăнусем тытассине малалла сарса пынă—Совет Союзĕ тулашри суту-илӳ енĕпе çыхăнса тăракан çĕршывсен шучĕ нумайланнă.

### VIII. РАБОЧИСЕМПЕ СЛУЖАЩИСЕН ЙЫШĔ ТАТА ĔÇ ТУХĂÇЛĂХĔ ӲСНИ

1955 çул вĕçленнĕ тĕле СССР халăх хуçалăхĕнчи рабочисемпе служащисен йышĕ 47,9 миллион çын пулнă, 1954 çул вĕçĕнчипе танлаштарсан, 1 миллион та 100 пин çын хушăннă.

Производство отраслĕсенче—промышленноçра, строительствăра, ялхуçалăхĕнче, транспортра тата çыхăну ĕçĕнче рабочисен, инженерсемпе техниксен, специалистсен пĕтĕм йышĕ 700 пин çын чухлĕ ӳснĕ. Шкулсенчи, наукăпа тĕпчев учрежденийĕсенчи тата культурăпа çутĕç учрежденийĕсенчи работниксен йышĕ—170 пин çын чухлĕ, сывлăх учрежденийĕсенчи, санаторисемпе курорт учрежденийĕсенчи работниксен йышĕ—130 пин çын, суту-илӳпе обществăлла апатлану предприятийĕсенче, пурăнмалли çурт-йĕрсемпе коммунальнăй хуçалăхра ĕçлекен работниксен йышĕ 100 пин çын чухлĕ ӳснĕ.

1955 çулта министерствăсемпе ведомствăсем организацилле структурăри çитменлĕхсене пĕтерес тата управлени ĕçĕнчи работниксен йышне чакарас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене малалла туса пынă, çавна май управлени аппаратĕнчи работниксен пĕр пайĕ производствăра ĕçлеме куçнă.

1955 çулта, унччензи çулсенчи пекех, çĕршывра ĕçсĕрлĕх пулман.

Иртнĕ çулта техника, ремесла тата чугун çул училищисенчен, ялхуçалăх механизаци училищисенчен, фабрикăпа завод ĕçне вĕрентмелли шкулсенчен квалификациллĕ çамрăк рабочисем 650 пин çын ытла вĕренсе тухнă, вĕсене промышленноçра, строительствăра, транспортра, ялхуçалăхĕнче ĕçлеме янă, çав шутран механизаторла кадрсене ялхуçалăхĕнче ĕçлеме 280 пин çын ытла янă.

Пĕчченшерĕн-бригаднăй меслетпе, тӳрремĕнех производствăра организациленĕ курссенче тата шкулсенче вĕрентсе 1955 çулта 7 миллион та 600 пин рабочипе служащин квалификацине ӳстернĕ тата ĕçлеме вĕрентнĕ.

1955 çулта рабочисен ĕç тухăçлăхĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, промышленноçра 8 процент тата строительствăра 10 процент ӳснĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли çулталăкри плана промышленноçра та, строительствăра та, пĕтĕмĕшпе илсен, тултарнă. Анчах промышленноçра 1955 çулта ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана СССР Вăрман промышленность министерствин вăрман хатĕрлекен предприятийĕсемпе СССР Пулă промышленность министерствин предприятийĕсем тултарайман. Ĕç тухăçлăхĕ енĕпе плана пĕтĕмĕшпе тултарнă министерствăсен те нумай предприятийĕсемпе стройкисем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли заданисене тултарайман.

### IX. НАЦИ ТУПĂШĔ ӲСНИ ТАТА ХАЛĂХĂН МАТЕРИАЛЬНĂЙ ПУРНĂÇĔ ЛАЙĂХЛАНСА, КУЛЬТУРИ ӲССЕ ПЫНИ

1955 çулта халăхăн материальнăй пурнăçĕ лайăхланса тата культури ӳссе пынă.

1955 çулта ССР Союзĕн наци тупăшĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 10 процент ӳснĕ.

Наци тупăшĕ ӳсни рабочисен, служащисен тата хресченсен тупăшĕсене малалла ӳстерме, колхозсен обществăлла фончĕсене пысăклатма, государствăн капитальнăй ĕçĕсем валли каякан укçа-тенкĕ хисепне тата материальнăй резервсене ӳстерме май панă.

1955 çулта халăх, унччензи çулсенчи пекех, государствăран пособисем, рабочисемпе служащисем социальнăй страховани енĕпе паракан укçа-тенкĕ, социальнăй обеспечени енĕпе пенсисем, нумай ачаллă амăшĕсемпе пĕччен амăшĕсене паракан пособисем, вĕренекенсене паракан стипендисем, тӳлевсĕр медицина пулăшăвĕ, санаторисемпе канмалли çурчĕсене кайма тӳлевсĕр тата льготăлла условисемпе паракан путевкăсем илнĕ, тӳлевсĕр вĕреннĕ, квалификацие ӳстернĕ тата государствăран ытти çăмăллăхсем илнĕ. Кунсăр пуçне, рабочисемпе служащисем пурте икĕ эрнерен кая мар, чылай профессисем енĕпе ĕçлекенсем вара унтан та вăрăмрах вăхăта отпуск илнĕ, отпуск вăхăтĕнче вĕсене ĕç укçи тӳленĕ. 1955 çулта маларах асăннă йĕркесем тăрăх паракан укçа-тенкĕпе çăмăллăхсем халăх 154 миллиард тенкĕ чухлĕ, 1954 çулхинчен 5 процент нумайрах илнĕ.

1955 çултăн колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх паракан тырăпа укçа-тенкĕ хисепĕ ӳснĕ. Малтанлăха шутласа палăртнипе, колхозниксене ĕçкунĕсем тăрăх тырă, 1954 çулхи тырпултан паннипе танлаштарсан, 370 миллион пăта яхăн нумайрах парассĕ. Колхозниксене тата трактор бригадисенчи рабочисене ĕçкунĕсем тăрăх паракан укçа-тенкĕ хисепĕ 10 процента яхăн ӳсет.

Ĕç укçи ӳснине, хресченсен укçан тата тыррăн илекен тупăшĕсем ӳснине, государство тӳлекен укçа-тенкĕпе çăмăллăхсен хисепĕ ӳснине пула, пĕтĕмĕшпе илсен, 1955 çулта тупăшсен пĕтĕм суммин, танлаштармалли хаксемпе шутласан, çакăн чухлĕ ӳснĕ: рабочисемпе служащисен тупăшĕсем—3 процент, хресченсен тупăшĕсем — 7 процент.

Рабочисен, служащисен тата хресченсен укçа-тенкĕ тупăшĕсем ӳснĕ май халăх перевет кассисене хуракан вкладсем çулталăкра 5 миллиард тенкĕ ытла ӳснĕ.

1954 çулта социализмла культурăн пур участокĕсенче те çĕнĕ çитĕнӳсем тунă.

Пур йышши шкулсенче, училищĕсенче тата техникумсенче 35 миллиона яхăн çын вĕренет. Вăтам пĕлӳ парас ĕç сарăлса пынă май вăтам шкулсен 8—10-мĕш класĕсенче вĕренекенсен йышĕ, çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен шкулĕсемпе пĕрле, 1954 çулхипе танлаштарсан, 157 пин çын чухлĕ, çав шутра ялсенчи шкулсенче—90 пин çын чухлĕ ӳснĕ; вăтам шкулсен 10-мĕш класĕсенчен вĕрентсе кăларнисен йышĕ çав тапхăр хушшинчех 23 процент ӳснĕ.

Аслă шкулсенче (заочно вĕренмеллисене те шутласан) пĕр миллион та 865 пин студент, е 1954 çулхинчен 135 пин çын ытларах вĕреннĕ. Техникумсенче тата специальнăй вăтам шкулсенче (заочно вĕренмеллисене те шутласан) пĕр миллион та 900 пин çын ытла, е 1954 çулхинчен 100 пин çын ытларах вĕреннĕ. Аслă шкулсемпе специальнăй вăтам шкулсенчен 1955 çулта 640 пин çынна яхăн çамрăк специалистсем, 1954 çулхинчен 70 пин çын ытларах вĕрентсе кăларнă. Аслă шкулсемпе научнăй учрежденисенчи аспирантсен йышĕ ӳснĕ.

Производствăра ĕçленĕ вăхăтрах каçхи тата заочнăй аслă шкулсенче, специальнăй вăтам шкулсенче, çамрăк рабочисемпе ялти çамрăксен пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан вăтам шкулĕсенче 1955 çулта виçĕ миллион çын вĕреннĕ.

Аслă шкулсенчен е специальнăй вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă, халĕ халăх хуçалăхĕнче ĕçлекен специалистсен пĕтĕм йышĕ 1955 çулта 1954 çулхинчен 11 процент нумайрах пулнă.

Библиотекăсемпе клубсен шучĕ ӳснĕ. 1955 çулта çĕршывра мĕнпур йышши библиотекăсем 390 пине яхăн, вĕсенче пĕр миллиард та 300 миллиона яхăн кĕнеке пулнă. Иртнĕ çулта кĕнекесем пĕр миллиард экземпляр ытла пичетлесе кăларнă, хаçатсен, журналсен, тăтăшах тухса тăракан сборниксемпе бюллетеньсен тиражĕ ӳснĕ.

1954 çулта 55 пин киноустановка пулнă пулсан, вĕсен шучĕ 1955 çул вĕçленнĕ тĕле 58 пинрен иртнĕ. 1955 çулта Ригăра, Таллинра, Омскра, Томскра, Свердловскра тата Владивостокра телевизи центрĕсем ĕçлеме пуçланă.

1955 çулта 5 миллион та 800 пин ача пионер лагерĕсенче, ача санаторийĕсенче, экскурсипе туризм базисенче канна тата çуллахи вăхăтра ача сачĕсем, ача çурчĕсем тата ача яслисем дачăллă вырăнсене куçса кайнă.

1955 çулта больницăсен, ача çуратмалли çуртсен, диспансерсен, санаторисен, кану çурчĕсен, ача яслисен, сывлăх учрежденийĕсен тата санаторипе профилактика учрежденийĕсен, ача сачĕсен шутне татах та нумайлатнă. Больницăсенчи койкăсен шучĕ 1955 çулта 60 пин койка ытла, ача яслисенчи вырăнсен шучĕ 45 пин ытла, санаторисемпе кану çурчĕсенчи вырăнсен шучĕ 14 пин чухлĕ ӳснĕ. Санаторисенче пулса сывалнисен тата кану çурчĕсенче пулса каннисен йышĕ 1955 çулта 1954 çулхинчен 170 пин çын ытларах пулнă. Врачсен йышĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, 12 пин çынна яхăн ӳснĕ. 1955 çулта медикаментсем, медицина оборудованийĕ тата инструменчĕсем туса кăларасси 29 процент ӳснĕ.

1955 çулта хуласене, поселоксене тата яллă вырăнсенчи район центрĕсене лайăхлатса илемлетес, коммунальнăй предприятисем—водопроводсем, канализаци, мунчасем, прачечнăйсем тăвас, трамвайсем, троллейбуссем, автобуссем ытларах çӳретмелле тăвас, пурăнмалли çуртсене ăшăпа газ кĕртес тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене малалла туса пынă. Иртнĕ çулта Тула, Иваново, Хусан, Коломна, Днепродзержинск, Винники (Львов облаçĕ) хулисенче хваттерсене газ кĕртес тĕлĕшпе ĕçленĕ. Мускавра, Ленинградра, Сталинградра, Брянскра, Рязаньре, Краснодарта, Саратовра тата ытти хуласенче газ кĕртнĕ хваттерсен шучĕ ӳснĕ. Сталинабадра, Омскра, Тамбовра тата Кировабадра троллейбуссем çӳретме тытăннă.

Ленинградра В. И. Ленин ячĕпе тăракан метрополитенăн пĕрремĕш черетне ĕçе янă, унăн тăршшĕ 10,8 километр.

Пурăнмалли çуртсем тума кайнă укçа-тенкĕ хисепĕ, 1954 çулхипе танлаштарсан, ӳснĕ. 1955 çулта государство предприятийĕсем, учрежденисем, вырăнти Советсем, çавăн пекех хуласемпе поселоксенче пурăнакансем государствăран кивçен илнĕ укçапа тата хăйсен укçи-тенкипе лартнă пурăнмалли çуртсен пĕтĕм лаптăкĕ 35 миллион тăваткал метр шутланать. Кунсăр пуçне, иртнĕ çулта ялсенче колхозниксем тата ялти интеллигенци валли 600 пин ытла çĕнĕ çурт лартнă.

Хуласенче, поселоксенче тата яллă район центрĕсенче урамсемпе площадьсене асфальт тата чул сарас, сутă пулмалла тăвас, паркем, садсем тата бульварсем тăвас тата киввисене пысăклатас тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттернĕ.

* * *

СССР халăх хуçалăхне аталантармалли государство планне 1955 çулта тултарнин итогĕсем ССР Союзĕн пĕтĕм халăх хуçалăхĕ пĕрмаях ӳссе вăйланса пынине тата 1955 çулхи—пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнчи заданисене ăнăçлă пурнăçланине кăтартса парассĕ.

**СССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ ÇУМĔНЧИ ЦЕНТРАЛЬНĂЙ СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĔ.**

## Çĕрпӳсен опытне вĕренеççĕ

Январь уйăхĕн пуçламăшĕнче Çĕрпӳ районĕнчи выльăх-чĕрлĕх пăхакансем Октябрьски, Куславкка, Тăвай, Шăхасан, Хĕрлĕ Чутай тата ытти районсенчи колхозсене выльăх-чĕрлĕх пăхас ĕçе лайăхлатма, уйрăмах ĕнесенчен сĕт суса илессине ӳстерме чĕнсе каларĕç. Малта пыракансен опычĕпе паллашма халĕ çĕрпӳсем патне асăннă районсенчен ятарласа экскурсие килме тытăнчĕç. Çак кунсенче Шăхасан районĕнчи колхоз председателĕсем, пуçламăш парторганизаци секретарĕсем, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем, ялхуçалăх специалисчĕсем—пурĕ 56 çын, Хрущев ячĕпе тăракан колхозра пулчĕç, ĕнесене тата сыснасене хĕллехи вăхăтра мĕнле пăхса усранипе тĕплĕн паллашрĕç.

Ку колхозăн фермисенче ĕçлекенсем выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерес енĕпе пуян опыт пухнă. Сăвакан кашни ĕнерен иртнĕ çулта вăтам шутпа 2.835 килограмм, усă куракан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 153 центнер сĕт суса илнĕ. 385 пуç сысна самăртнă, вĕсен кашнин чĕрĕ виçи вăтамран 79 килограмм тайнă. Колхоз акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 39,2 центнер сысна ăшĕ туса илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх фермисем колхоза иртнĕ çулталăкра 682 пин тенкĕ ытла тупăш панă, выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăш, 1951 çулхипе танлаштарсан, 23 хут ӳснĕ.

Колхоз председателĕ И. Васильев юлташ Шăхасантан килнĕ хăнасене фермăсене кăтартса çӳрерĕ. Самăр та тутă выльăхсем пурин кăмăлне те каяççĕ. Дояркăсемпе свинаркăсем ĕнесемпе сыснасене хальхи вăхăтра мĕнле йĕркепе пăхни, мĕнле апатпа усрани çинчен тĕплĕн каласа параççĕ. Ĕнесене тăрантармалли рациона кашни ĕне мĕн чухлĕ сĕт паннине кура тунă. Кашни ĕнене вăтамран 10—12 килограмм силос, 8 килограмм купăста, вика ути, 1,5—2 килограмм çăнăх, суртри улăмĕ параççĕ. Силоса ĕнесене кунне икĕ хутчен тата ун çине çăнăх, тăварпа пурă сапса параççĕ.

КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва Хрущев ячĕпе тăракан колхозри выльăх-чĕрлĕх пăхакансем пысăк ĕçленӳпе хутшăннă. Вĕсем 1955—1956 хуçалăх çулĕнче кашни ĕнерен 3 пин килограмм сĕт, кашни сурăхран 3,5 килограмм çăм, кашни чăхран 125 çăмарта илме, акăнакан çĕрсен кашни 100 гектарĕ пуçне 45 центнер сысна ăшĕ туса илме обязательство йышăннă. Çак обязательствăна вĕсем чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Январĕн 25-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 850 литр сĕт суса илнĕ, КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне 1.100 литра çитерме тăрăшаççĕ.

Фермăсенчи ĕçсемпе паллашнă хыççăн экскурсантсем колхоз клубне пухăнчĕç. Колхоз председателĕ Васильев юлташ вĕсене артель хуçалăхĕн экономики мĕнле аталанса пыни çинчен каласа кăтартрĕ. Хăнасене уйрăмах ку колхозра выльăх апатне перекетлĕ расходлани, çав вăхăтрах выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне нумай ӳстерни хытă интереслентерчĕ

Выльăхсене тăрантарма каякан апатсен вăтам хакне йӳнетсе пыни, ĕç тухăçлăхне ӳстерни выльăх-чĕрлĕхрен илекен тупăша ӳстерме май парать. Хрущев ячĕпе тăракан колхозра сăвакан кашни ĕне 1955 çулта—5.592 тенкĕ, кашни сысна ами—11.833, кашни сурăх—147, çăмарта тăвакан кашни чăх—69 тенкĕ тупăш панă.

Экскурсантсем выльăх апачĕн никĕсне тĕреклетес тĕлĕшпе пухнă опытпа тĕплĕн паллашрĕç. Хрущев ячĕпе тăракан артельре 1953 çултанпа çимĕс конвейерпа анлăн усă кураççĕ, нр ăнăçлăн сортлă тырăсене тата пĕр çулхи курăксене çĕртме пусси аксa тăвассĕ. 1955 çулта çĕртме пуссине çавăн пек культурăсемпе 93 процент йышăнса, кăçал 100 процентпех акассĕ.

Васильев юлташăн çăмахне тимлĕн итленĕ хыççăн экскурсантсем хăйсем те тухса каларĕç, малта пыракан опыта çакăн пек курса вĕренни вĕсене ĕçре нумай пулăшнине палăртрĕç.

Иртнĕ эрнере Çĕрпӳре КПСС Хĕрлĕ Чутай райкомĕн МТС енĕпе ĕçлекен инструкторсен ушкăнĕ килсе кайрĕ. Вĕсем, темиçе колхозра пулса, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе мĕнле организацилеснипе паллашрĕç.

**Н. ВОЛКОВ.**

(«Коммунизм ялавĕ» корр.).

### СОВЕТ СОЮЗӖН ПУЛӐ КАРАПӖСЕНЕ НОРВЕГИ ВЛАҪӖСЕМ ТЫТСА ЧАРНӐ ПИРКИ

Шыв ҫинчи база «Тамбов» тата пулӑ тытмалли темиҫе траулер тинӗсре сельдь тытса ҫӳренӗ вӑхӑтра, кӑҫалхи январӗн 30-мӗшпе 31-мӗшӗнче, вӗсене Норвеги тинӗсӗ ҫинче Норвеги чиккипе хуралlакан суднӑсем тытса чарнӑ. Ҫак суднӑсем Норвеги территорине пырса кӗнӗ пирки вӗсене тытса чарнӑ теме пӑхаҫҫӗ.

СССР Пулӑ промышленность министерствинче ҫапла каласа панӑ: Норвеги тинӗсӗнче пулӑ карапӗсен капитанӗсене Норвеги территорийӗн тинӗс чикки урлӑ каҫма тата Норвегин пулӑ тытмалли зонине пырса кӗме юраманни ҫинчен министерство ҫирӗп кӑтартусем панӑ, Совет Союзӗн пулӑ карапӗсем ҫинче хӑш вырӑнта ҫӳренине тӗрӗс кӑтартса паракан приборсем пур. Тытса чарнӑ карапсен капитанӗсем пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫав суднӑсем вӗсене тытса чарнӑ вӑхӑтра тинӗсӗн Норвеги территорине кӗрекен пайӗн тулашӗнче пулнӑ.

Тинӗс ҫинче пулӑ тытса ҫӳренӗ вӑхӑтра хӑшпӗр чухне, метеорологи условийӗсен влиянийӗ пула, карапсем ӑҫта ҫӳренине тӗрӗс пӗлме йывӑртарах, ҫавӑн пирки карап ӑҫта чӑннипе мӗнле вырӑнта ҫӳренине кӑтартакан паллӑсем ӑраснарах пулма пултараҫҫӗ.

СССР Пулӑ промышленность министерстви шыв ҫинчи «Тамбов» базӑпа пулӑ тытса ҫӳрекен траулерсен ушкӑнне Норвеги чиккисене сыхлакан влаҫсем тытса чарнине ӑнсӑртран пулса тухнӑ ӗҫ тесе шутлать, тата Норвеги влаҫӗсем ҫак ыйтӑва хӑвӑрт пӑхса тухассине, асӑннӑ карапсене ирӗке кӑларассине шанса тӑрать.

### СОВЕТ САМОЛЕТНЕ АФГАНИСТАНА ПАНИ

КАБУЛ, январӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). 1955 ҫулхи декабрь уйӑхӗнче Совет правительстви ячӗпе СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Н. А. Булганин тата СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Членӗ Н. С. Хрущев, ССР Союзӗпе Афганистан хушшинчи ырӑ туслӑха палӑртса, Афганистан корольне Мухаммед Захир-шаха «ИЛ-14» самолет парнеленӗ. Ӗнер Кабул аэродромӗнче ҫак самолета Афганистана панӑ.

Король хушнипе самолета Афганистан ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗн заместителӗ Мухаммед Осман Амир тата Афганистан сывлӑш-ҫар вӑйӗсен командующийӗ Абдул Резак йышӑннӑ.

ССР Союзӗн Афганистанри посолӗ М. В. Дегтярь, самолет парса, ҫапла каланӑ: Совет правительствин ҫак парни ССР Союзӗпе Афганистан хушшинчи туслӑхпа ырӑ кӳршӗлле хутшӑнусен символӗ пулса тӑрӗ, тенӗ.

Мухаммед Осман Амирпа Абдул Резак парнешӗн Совет правительствине чунтан тав тунӑ, икӗ ҫӗршыв хушшинчи туслӑхпа ырӑ кӳршӗлле хутшӑнусем пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртнӑ. Вӗсем ҫавӑн пекех Афганистан летчикӗсене «ИЛ-14» самолетпа вӗҫме кӗске срокрах вӗрентсе ҫитернӗ совет летчикӗсен командине ӑшшӑн тав тунӑ.

### ИНДИРЕ Н. А. БУЛГАНИНПА Н. С. ХРУЩЕВ АЗИРИ ҪӖРШЫВСЕНЧЕ ПУЛНИПЕ ҪЫХӐННӐ МАТЕРИАЛСЕНЕ ПИЧЕТЛЕСЕ КӐЛАРНӐ

ДЕЛИ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Инди общественноҫӗ Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Азири ҫӗршывсене кайса ҫӳренипе ҫыхӑннӑ документсемпе питӗ интересленет. Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев хӑйсем Индире, Бирмӑра тата Афганистанра пулнӑ вӑхӑтра тухса каланӑ сӑмахсене Индире уйрӑм кӗнеке туса кӑларнӑ. Кӗнеке тиражӗ—100 пин экземпляр.

Ҫавӑн пекех Н. А. Булганин СССР Верховнӑй Совечӗн сессийӗнче тунӑ докладпа Н. С. Хрущев тухса каланӑ сӑмах текстне те кӗнеке туса кӑларнӑ. Ҫак кӗнекесене Индири тӗрлӗ халӑхсен чӗлхипе, ҫав шутра хинди, урду, бенгали, тамили, малайялам, телугу, маратхи, пенджаби, ория, ҫавӑн пекех акӑлчан чӗлхисемпе пичетлесе кӑларнӑ. Ҫак кунсенче ку кӗнекесене гуджератла куҫарса кӑлараҫҫӗ.

### БИРМӐПА СССР ТАТА ХАЛӐХ ДЕМОКРАТИ ҪӖРШЫВӖСЕМ ХУШШИНЧИ СУТУ-ИЛӲ

РАНГУН, январӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). «Нью-Таймс оф Бирма» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, ҫак кунсенче Совет Союзӗнчен, Чехословакирен, Демократиллӗ Германи Республикинчен тата Венгрирен Рангуна машинӑсем, промышленность оборудованийӗ, строительство материалӗсем тата халӑха кирлӗ таварсем пырса ҫитмелле. Вӗсен пӗтӗм хакӗ—4 миллион фунт стерлинга яхӑн.

Ҫак таварсене Бирмӑн снабжени министрӗ Бо Мин Гаунг ертсе пыракан суту-илӳ миссийӗ нумаях пулмасть Совет Союзӗнче, Чехословакире, Демократиллӗ Германи Республикинче тата Венгрире пулнӑ вӑхӑтра туяннӑ.

### СОВЕТ СОЮЗӖ ИНДИЕ ПАНА ПАРНЕ

ДЕЛИ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). «Хиндустан стандард» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Одессӑран Бомбей портне Совет Союзӗн «Ставрополь» теплоходӗ пырса ҫитнӗ. Вӑл Индие Совет Союзӗ парнелесе панӑ ялхуҫалӑх машинисен пӗрремӗш ушкӑнне илсе пынӑ. Машинӑсен шутӗнче—самоходнӑй комбайнсем, гусеницӑллӑ тракторсем тата вырӑнтан вырӑна куҫарса ҫӳремелли мастерскойсем.

Ҫак машинӑсемпе государствӑн ҫӗнӗрен тӑвакан фермиче усӑ курма палӑртнӑ.

# Франции Наци пухӑвӗнче

## *Ги Молле ертсе пыракан правительство декларацийӗ*

ПАРИЖ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Наци пухӑвӗн ларӑвӗнче социалист Ги Молле, туса йӗркеленӗ ҫӗнӗ правительство составӗ ҫинчен пӗлтернӗ. Портфельсем ҫапла пайланнӑ: министрсен совечӗн председателӗ—Ги Молле (социалист), портфельсӗр министр — Мендес Франс (радикал), портфельсӗр министр—Миттеран (ЮДСР), ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ—Пино (социалист), наци оборони министрӗ — Буржес-Монури (радикал), шалти ӗҫсен министрӗ—Жильбер-Жюль (радикал), Алжир министрӗ-резиденчӗ—Катру генерал (парламент членӗ мар), экономика министрӗ—Лакост (социалист), социальнӑй ыйтусем тӗлӗшпе ӗҫлекен министр—Газье (социалист), ҫутӗҫ министрӗ—Бийер (радикал), фронтовик пулнӑ ҫынсем тӗлӗшпе ӗҫлекен министр—Танги-Прижан (социалист), тинӗс леш енчи территорисем тӗлӗшпе ӗҫлекен министр—Деффер (социалист), министрсен совечӗн председателӗ ҫумӗнчи портфельсӗр министр—Уфуэ-Буаньи («Африкӑри демократилле пӗрлешӳ» организацин членӗ).

Ги Молле правительство ӗҫӗсен программи ҫинчен каласа панӑ. Пуринчен малтан вӑл «ӗҫ тӑвакан влаҫа ҫирӗплетес» шутпа государство учрежденийӗсене урӑхлатма кирли ҫинчен, ҫавӑн пекех суйлав системине улӑштарасси ҫинчен каланӑ. Пӗчӗк округсем тӑрӑх икӗ хут сасӑламалли мажоритарнӑй йӗркене ҫӗнӗрен туса хурасси ҫинчен социалист-депутатсем панӑ сӗнӗве, парламентӑн кирек мӗнле пулсан та хӑвӑртрах пӑхса тухмалла, тенӗ Ги Молле.

Алжир ыйтӑвӗ ҫине куҫса, Ги Молле ҫак ыйтӑва татса нама йывӑрри ҫинчен каланӑ, правительство Алжирта мир тума, террорпа хӗсӗрлессине чарса лартма, унтан вара Алжирта пурӑнакан алжирецсемпе французсем пӗр тан правӑсемпе усӑ курмалла тума тӑрӑшӗ, тенӗ. Ги Молле каланӑ тӑрӑх, ҫӗнӗ правительство Мароккӑпа тата Тунисра калаҫусем ирттермелли политика тытса пыма шутлать.

Правительствӑн тулашри политикин программи ҫинчен сӑмах хуҫкатса, Ги Молле ҫапла каланӑ: «Атлантика организацийӗ мирпе ирӗклӗхе сыхлама май паракан организаци пулса тӑрать», тенӗ.

Вӑл ССР Союзӗпе калаҫусем ирттерме кирли ҫинчен каланӑ. Хамӑрӑн союзниксемпе каласса татӑлса, тенӗ вӑл малалла, Франци правительстви Хӗвелтухӑҫпе Хӗвеланӑҫ шухӑшӗсене пӗр-пӗрине ҫывхартмалли ҫӗнӗ ҫул-йӗрсемпе майсем тупма шутлать.

Малалла Ги Молле ҫапла каланӑ: пуринчен малтан пурте пӗр вӑхӑтрах хӗҫпӑшалсӑрланасси, ҫак ӗҫе тӗрӗслесе тӑмалла тӑвасси ҫинчен калаҫусем ирттермелле. Хӗҫпӑшалсӑрланас шанчӑк пулсан, Германие пӗрлештерессн ҫинчен тӑракан ыйту чылай уҫҫӑнрах палӑрӗ, тенӗ вӑл.

Шалти политика ыйтӑвӗсене хуҫкатса, Ги Молле ҫапла тума сӑмах панӑ: правительство девальваци пулма памӗ, капитальнӑй ӗҫсем ытларах тӑвӗ, налог системине улӑштарӗ, отпуск вӑхӑтӗнче мӗнпур ӗҫҫыннисене ӗҫукҫи тӳлесе тӑмалли йӗрке тума тӑрӑшӗ тата ҫавнашкал ытти ӗҫсем те тӑвӗ, тенӗ. Наци пухӑвӗнчен правительство социальнӑй ӗҫсем тата экономикӑлла ӗҫсем енӗпе хӑйне пысӑк полномочисем пама ыйтӗ, тенӗ вӑл.

Унтан правительство декларацине сӳтсе явма тытӑннӑ, парламентри ушкӑнсем хӑйсем ҫӗнӗ правительство программипе составӗ ҫине мӗнле пӑхни ҫинчен каласа панӑ. Сылтӑмрисен чи пысӑк ушкӑнӗсенчен пӗрин—«независимӑй республиканецсен» представителӗ Поль Рейно «республика фрончӗн» (социалистсен, радикалсен тата правительство туса йӗркелес ӗҫе хутшӑннӑ ытти хӑшпӗр вак ушкӑнсен пӗрлешӗвӗн) руководителӗсене халичченхи парламентра пуринчен те нумайрах вырӑн йышӑнса тӑнӑ партисемпе калаҫусем ирттерме килӗшменшӗн критикленӗ. Поль Рейно Ги Моллене ҫапла тума чӗннӗ: Алжирти политикӑна пурнӑҫласа пырас ӗҫре «коммунистсен пуринчен те пысӑкрах йышлӑ ытларахӑшӗ ҫине» таянса ӗҫлемелле мар, тенӗ. Анчах «независимӑйсен» ушкӑнӗ, сылтӑмри ытти ушкӑнсем пекех, пӗр шухӑшлӑ пулман. Юлашкинчен вара «независимӑйсем» тата «сулахай республиканецсен пӗрлешӗвӗн» членӗсем нихӑш майлӑ та сасӑлас мар тесе йышӑннӑ. «Союз тата Франци тӑванлӑхӗ» («Пужад юхӑмӗ») ятлӑ чи реакцилле ушкӑн хӑй правительствӑна хирӗҫ сасӑлассн ҫинчен пӗлтернӗ. «Социальнӑй республиканецсен» ушкӑнӗ ҫӗнӗ правительство пуҫлӑхӗн полномочийӗсене ҫирӗплетессишӗн сасӑлама йышӑнни ҫинчен пӗлтернӗ.

Коммунистсен партийӗн парламентри ушкӑнӗн председателӗ Жак Дюкло ҫакӑн ҫинчен аса илтернӗ: Наци пухӑвӗн сулахайри ытларахӑшӗн правительствине туса хурас тесе, коммунистсен партийӗ пӗтӗм вӑя хурса тӑрӑшма хатӗр тӑрать, тенӗ. Ҫакна асра тытса, тенӗ Дюкло, коммунистсен партийӗ президента ҫӗнӗ правительство туса йӗркелемешкӗн социалиста хушма сӗнчӗ, хӑйӗн депутачӗсен йышне кура унӑн хӑйӗн те правительство пуҫне тӑмашкӑн право ыйтма май пуррине пӑхса тӑмарӗ. Реакцилле партисем Халӑх фрончӗн правительстви тӑвассине хирӗҫ хӑйсен пӗтӗм вӑйне хурса кӗрешрӗҫ. Ҫак маневрсене аркатса яма, тенӗ Дюкло, сулахайри партисен тачӑ пӗрлешмелле, суйлавҫӑсем умӗнче илнӗ обязательствӑсене тӑтӑклӑн пурнӑҫласа пымалла.

Паллах ӗнтӗ, тенӗ вӑл малалла, Алжир ыйтӑвӗ ним вӑраха ямасӑр татса памалли ыйту пулса тӑрать. Ӑна татса пама пӗр май кӑна пур: Алжир халӑхӗн полномочнӑй представителӗсемпе калаҫусем ирттерес пулать. Коммунистсен партийӗ Алжир халӑхӗн ӗмӗчӗсене пурнӑҫлассишӗн тӑрать.

Европӑра блоксем тунине сивлесе, Дюкло ҫапла каланӑ: Хӗвелтухӑҫпе Хӗвеланӑҫ хушшинчи хутшӑнусене лайӑхлатма Европӑра коллективлӑ хӑрушсӑрлӑх ҫинчен договор туни кирлӗ, тенӗ. Хӗҫпӑшалсӑрланас ыйтӑва Ги Молле хӑйӗн декларацийӗнче пӗрремӗш вырӑна лартнине Дюкло ырланӑ, мӗншӗн тесен хальхи условисенче Германи ыйтӑвне татса пама йывӑр.

Декларацин социальнӑй ӗҫсемпе экономика ҫинчен калакан пайӗ пирки сӑмах хуҫкатса, Дюкло ҫапла каланӑ: Ги Молле ӗҫҫынни массисен пурнӑҫне лайӑхлатма обязательство илнине коммунистсем асра тытма йышӑнаҫҫӗ. Ги Молле правительстви массӑсен кӑмӑлӗпе килӗшсе тӑмасть пулсан та, тенӗ юлашкинчен Дюкло, коммунистсем Ги Молле полномочийӗсене ҫирӗплетессишӗн сасӑлӗҫ, мӗншӗн тесен халӑх массисем хӗснипе ӗҫсем сулахаялла сулӑнассине коммунистсем шанса тӑраҫҫӗ, тенӗ. Ытти ушкӑнсен чылай представителӗсем тухса каланӑ хыҫҫӑн Ги Молле ораторсене ответсем панӑ. Унтан председатель пулса ертсе пыраканӗ перерыв тӑвасси ҫинчен пӗлтернӗ. Ку вӑл правительство пуҫлӑхӗн Ги Моллен полномочийӗсене ҫирӗплетес пирки сасӑлас умӗн парламентри ушкӑнсене канашлама кирлӗ пулнӑ.

ПАРИЖ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Социалистсен партийӗн лидерӗ Ги Молле туса йӗркеленӗ правительствӑн программипе составне Наци пухӑвӗ ырланӑ. Ги Моллен полномочийӗсене ҫирӗплетессишӗн 420 депутат сасӑланӑ, 71 депутат хирӗҫ сасӑланӑ. 83 депутат нихӑш майлӑ та сасӑламан.

## Франции Наци пухӑвӗнче сасӑлани ҫинчен

ПАРИЖ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Францин ҫӗнӗ правительствин пуҫлӑхӗн Ги Моллен полномочийӗсене ҫирӗплетес ыйту пирки Францин Наци пухӑвӗнче сасӑлани ҫинчен Франс Пресс агентстви ҫапла пӗлтернӗ: ҫав полномочисене ҫирӗплетессишӗн коммунистсем, социалистсем, радикалсем, ЮДСР («демократилле тата социалистла сопротивлени союзӗ») ушкӑнӗн членӗсем, МРП («республикӑшӑн тӑракан халӑх юхӑмӗ»), партийӗнчен, «социальнӑй республиканецсен» партийӗнчен суйланӑ депутатсен тата «сулахай республиканецсен пӗрлешӗвӗн» членӗсен пысӑкрах пайӗ, парламентри ытти хӑшпӗр ушкӑнсен представителӗсем сасӑланӑ. Ги Молле полномочийӗсене ҫирӗплетессишӗн хирӗҫ пужадистсем, «независимӑй республиканецсемпе хресченсен социальнӑй ӗҫ ушкӑнӗн» пӗрлешӗвӗн 14 членӗ тата парламентри ытти ушкӑнсене ҫывӑх тӑракан темиҫе депутат сасӑланӑ.

Нихӑш майлӑ та сасӑламан депутатсем хушшинче — «независимӑй республиканецсемпе хресченсен социальнӑй ӗҫ ушкӑнӗн» членӗсен пысӑк пайӗ, МРП партийӗн 9 членӗ тата парламентри ытти ушкӑнсен темиҫе депутачӗ.

## Францири коммунистсен Гавр хулинчи суйлаври ҫӗнтерӗвӗ

ПАРИЖ, январӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Францири Гавр хулин муниципальнӑй советӗнче ҫак хула мэрне суйланӑ. Виҫҫӗмӗш хут сасӑланӑ чухне хула мэрӗ пулма Рене Канс коммуниста суйланӑ. Уншӑн 18 советник сасӑланӑ. Суйлавра Рене Канса хирӗҫ тӑнӑ радикал 10 сасӑ, пужадист 3 сасӑ илнӗ. Хула мэрӗн 10 помощникӗ пулма та коммунистсен партийӗн членӗсене суйланӑ.

«Юманите» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, муниципальнӑй совет ларӑвӗ вӑхӑтӗнче площаде Гавр хулинчи темиҫе пин ҫын пухӑннӑ. Вӗсем хулан ҫӗнӗ мэрӗпе унӑн помощникӗсене саламланӑ.

### ФИЛИППИНРИ РАБОЧИСЕН ЗАБАСТОВКИ

НЬЮ-ЙОРК, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Америкӑри хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, Центральнӑй Лусонри сахӑр тӑвакан 4 пысӑк заводри рабочисем, ҫавӑн пекех Америкӑн Филиппинри «Колгейт палмолив компани» фирмин предприятийӗсенчи рабочисем февралӗн 2-мӗшӗнче забастовка пуҫлама йышӑннӑ. Ҫакна вӗсем Лусонри сахӑр хӑмӑш плантацийӗсенчи виҫҫӗмӗш эрне забастовка тӑвакан рабочисене пулӑшас шутпа тунӑ. Забастовкӑна ҫав предприятисенчи профсоюзсем ертсе пыраҫҫӗ. Ку профсоюзсем Филиппинри профсоюзсен пӗрлешӗвӗнче тӑраҫҫӗ.

## Китайри ӗҫҫыннисем Коммунистсен партине кӗреҫҫӗ

ПЕКИН, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Ҫак кунсенче Китайри нумай ӗҫҫыннисем хӑйсене Китайри коммунистсен партийӗн членне илме ыйтса заявленисем параҫҫӗ.

Цзянсу провинцийӗнче ялхуҫалӑхне кооперацилессишӗн пыракан юхӑм вӑйланнӑ май юлашки вӑхӑтра Коммунистсен партине 41,5 пин хресчен кӗнӗ. Юлашки вӑхӑтра ҫак провинцири мӗнпур хресченсен 1,2 проценчӗ Коммунистсен партийӗн членӗсем пулса тӑраҫҫӗ. Юньнань провинцийӗнчи автономилле Дэсюн районӗнче малта пыракан 887 хресчене Китайри Коммунистсен партийӗн членне илнӗ.

### ЕГИПЕТПА ИРАК ХУШШИНЧИ ХУТШӐНУСЕМ ҪИНЧЕН

КАИР, январӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). Хаҫатсем Египет правительствин официальнӑй представителӗн заявленине пичетлесе кӑларнӑ. Унта ҫапла каланӑ: юлашки вӑхӑтра Ирак правительстви Египета чылай ӗҫсем пирки пӗр сӑлтавсӑрах айӑплама тӑрӑшать. Египет ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Арабсен ҫӗршывӗсен лигин генеральнӑй секретарӗ патне ҫыру янӑ, ҫак ыйтӑва пӑхса тухма Лига совечӗн чрезвычайнӑй сессине пухма ыйтнӑ.

Ҫырура ҫапла кӑтартса панӑ: Ирак правительствин Египета айӑплама нимӗнле сӑлтав та ҫук.

Ӗнер Араб ҫӗршывӗсен лигин генеральнӑй секретарӗ Иракӑн Египетри посолне Наджиб Ар-Равие йышӑннӑ, Ирак правительстви Египет правительствине айӑпласа калани ҫинчен сӳтсе явма Египет ҫак лига совечӗн чрезвычайнӑй сессине пухма требовани лартни ҫинчен каласа панӑ.

### ҪУРҪӖР АФРИКӐРИ ЛАРУ-ТАРУ

ПАРИЖ, январӗн 31-мӗшӗ. (ТАСС). Парижри хаҫатсем Ҫурҫӗр Африкӑра ларутӑру йывӑрланни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. «Франс-суар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Мароккӑра, Таза поселокран ҫурҫӗр еннерехре, восстани пуҫланӑ ҫынсемпе ют ҫӗршыв легионӗнчи ҫарсем хушшинче ҫапӑҫу пулса иртнӗ. Ҫапӑҫу вӑхӑтӗнче 20 легионерпа 40 повстанеца вӗлернӗ. Ҫак секторта халӗ те ҫапӑҫусем пыраҫҫӗ. Таунатран хӗвеланӑҫ еннерехре те тытӑҫусем пулса иртнӗ. Ку районти ҫапӑҫусене Франци авиацийӗ активлӑ хутшӑнать. Юлашки кунсенче Мароккӑн хӗвелтухӑҫ районӗсенче те пысӑк пӑлхавсем пулса иртнӗ.

Франци ҫарӗсем Алжирти Оран департаментӗнче вӑрҫӑ пуҫласа янӑ. Алжирпа Марокко чикки ҫывӑхӗнче Францин 7 батальонӗ Алжир повстанецӗсемпе ҫапӑҫать. «Франс-суар» хаҫат пӗлтернӗ тӑрӑх, Алжирӑн ытти районӗсенче те ҫарсемпе повстанецсем хушшинче ҫапӑҫусем пулса иртеҫҫӗ.

### ПАТЕТ-ЛАО ОТРЯЧӖСЕНЕ ХИРӖҪЛЕ ХӖҪПӐШАЛЛА ПРОВОКАЦИСЕМ

ХАНОЙ, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, юлашки кунсенче король ҫарӗсем Патет-Лао отрячӗсене час-часах тапӑнма пуҫланӑ. Моунг-Пеунран ҫурҫӗр еннерехре 10 километртра вырнаҫнӑ Гуэй-Сайра тапӑннӑ хыҫҫӑн январӗн 27-мӗшӗнче король ҫарӗсем ытти нумай вырӑнсенче Патет-Лао чаҫӗсене атакӑланӑ. Январӗн 28-мӗшӗнче Моунг-Пеунран кӑнтӑр-хӗвеланӑҫ еннерехри Насамонг патӗнчен 2 километрта король ҫарӗсем ҫапӑҫура Патет-Лао чаҫӗсем тӑнӑ пӗр сӑрта хӑйсен аллине ҫавӑрса илнӗ.

Король ҫарӗсем нумай пунктсенче тапӑнни, тет Вьетнамри информаци агентстви, ҫакна кӑтартса парать: король ҫарӗсем Фонг-Салипе Сам-Неана—Патет-Лао чаҫӗсем тӑракан зонӑсене хирӗҫ пысӑк наступлени пуҫлама хатӗрленеҫҫӗ.

### АНГЛИПЕ АМЕРИКА ХУШШИНЧИ КАЛАҪУСЕМ

ВАШИНГТОН, февралӗн 1-мӗшӗ. (ТАСС). Январӗн 30-мӗшӗнче Вашингтонра США президенчӗ Эйзенхауэрпа Англи премьер-министрӗ Иден хушшинче тулашри политика ыйтӑвӗсем тӑрӑх калаҫусем пуҫланнӑ. Калаҫусене США государство секретарӗ Даллес тата Англи ют ҫӗршыв ӗҫӗсен министрӗ Ллойд хутшӑннӑ.

Икӗ делегацин калаҫусене хутшӑннӑ официальнӑй представителӗсем ҫакӑн ҫинчен каласа панӑ; январӗн 30-мӗшӗнче кӑнтӑрлахи канашлура Вӑтаҫӗрти Хӗвелтухӑҫӗнчи лару-тӑру ҫинчен сӳтсе явнӑ. Вӗсем каланӑ тӑрӑх, «халлӗхе нимӗнле решенисем те йышӑнман, нимӗнле выводсем те туман-ха», ку ыйтӑва малалла сӳтсе яваҫҫӗ». Хӗвеланӑҫӗнчи ҫӗршывсенчи хаҫатсем Вӑтаҫӗрти Хӗвелтухӑҫӗнчи лару-тӑру пирки США-па Англи хушшинче хирӗҫӳсем тухса тӑни ҫинчен ҫыраҫҫӗ пулсан, маларах асӑннӑ делегацисен представителӗсем вара США-па Англи хушшинчи хирӗҫӳсем «пысӑк мар» тесе ӗнентерме тӑрӑшаҫҫӗ. Пӗр корреспондент ҫакӑн пек ыйту панӑ: Вӑтаҫӗрти Хӗвелтухӑҫӗнче пурнӑҫласа пыма Америкӑпа Англи часах ӗнтӗ пӗр-пӗрине килӗштернӗ политика туса хатӗрлӗҫ тесе шутлама пулать-и? тенӗ. Делегацисен представителӗсем ҫак ыйту пирки ӑнлантарса калама килӗшмен.

# *Республикӑри хуласемпе ялсенче*

★ ★

## Съезд умӗнхи ӑмӑрту

ЧКАЛОВСКИ. «Гвардия» промартель ӗҫҫыннисем валли кӗпе-тумтир ҫӗлесе тата юсаса парать, тимӗр-тӑмӑртан савӑтсапа тӑвать, чӑпта ҫапать, йывӑҫ касса хатӗрлет. Унӑн коллективӗ пиллӗкмӗш пилӗкҫуллӑха ӑнӑҫлӑ вӗҫлерӗ, 1955 ҫулхи производство планне 114 процент тултарчӗ, планран ирттерсе 355 пин тенкӗлӗх продукци туса кӑларчӗ.

СССР халӑх хуҫалӑхне 1956—1960 ҫулсенче аталантармалли улттӑмӗш пилӗк ҫуллӑх план тӗлӗшпе КПСС XX-мӗш съезчӗ паракан Директивӑсен проектне артель членӗсем тулли кӑмӑлпа сӳтсе яврӗҫ. Сутӑ малашлӑхпа хавхаланса, артель коллективӗ пӗррмӗш кварталти плана съезд уҫӑлнӑ кун тӗлне 75 процент тултарма, ӗҫ тухӑҫлӑхне ӳстерме, продукцин хӑйне ларакан хакне 1,5 процент йӳнетме обязательство илчӗ.

Съезд умӗнхи ӗҫ вахтине тӑрса, М. Вахитова, Е. Лялина тата М. Степанова ҫӗвӗҫсем сменӑри нормӑна кашни кун 140—150-шар процент тултараҫҫӗ.

Ҫак кунсенче артель хӗрарӑм кӗписем ҫӗлекен ҫӗнӗ цех уҫрӗ.

(Хамӑр корр.).

## Дояркӑсен хастарлӑхӗ

ВӐРМАР. Ленин ячӗпе тӑракан колхозри О. Данилова доярка ҫӗнӗ хуҫалӑх ҫулӗнчи виҫӗ уйӑх та ҫирӗм кун хушшинче вӑтам шутпа кашни ӗнерен 443 килограмм ытла сӗт суса илнӗ. Вӑл дояркӑсен районти ӑмӑртӑвӗнче пӗррмӗш вырӑн йышӑнать.

Данилова юлташ дояркӑра ӗҫлеме тытӑннӑранпа 8 ҫул ҫитрӗ. 1954 ҫулта вӑл, виҫӗ ҫуллӑх зоотехника курсӗнчен вӗренсе тухса, ялхуҫалӑх мастерӗн ятне илме тивӗҫлӗ пулчӗ. Халӗ те хӑйӗн пӗлӗвне ӳстерсех пырать тата кунпа пӗрлех ҫамрӑк дояркӑсене хӑйӗн опычӗпе паллаштарать. Хастарлӑ доярка КПСС XX-мӗш съезчӗ уҫӑлнӑ кун тӗлне кашни ӗнерен 550 килограмран кая мар сӗт суса илме обязательство йышӑннӑ. Вӑл обязательствӑна пурнӑҫлатех.

Колхозри Г. Сергеева, Н. Владимирова, К. Алексеева дояркӑсем те съезд уҫӑлнӑ кун тӗлне кашни ӗнерен 500 килограмран кая мар сӗт суса илме пулчӗҫ.

Артель правленийӗпе парторганизаци дояркӑсен ӑмӑртӑвӗн итогӗсене кашни вунӑ кунта палӑртаҫҫӗ. Ӑмӑртура мала тухнӑ дояркӑна ферма работникӗсен производствӑлла канашлӑвӗнче куҫса ҫӳрекен ялав параҫҫӗ. Кашни уйӑх вӗҫӗнче вӗсене сӗт мӗн чухлӗ суса илнине кура укҫа тӳлеҫҫӗ.

Н. ТРОФИМОВ.

## Шахмат енӗпе РСФСР-та мала тухмалли зонӑри ӑмӑрту

Пиллӗкмӗш турта Архангельск представителӗсем Петровна Стрекаловский питех те хӑвӑрт выляса пӗтерчӗҫ. Стрекаловский темиҫе хут ҫӳресенех хӑй паранни ҫинчен пӗлтерчӗ.

Алексеевпа Гизатуллин вылянӑ партире французская защита текен вариант пулчӗ. Алексеев, икӗ пешка выляса ярса, хӑйне фигурӑсемпе лайӑхрах ҫӳреме май турӗ. Ҫавах та Гизатуллин, пӗр хушӑ ӑнӑҫлӑ выляса, позицие пӗр пек турӗ. Анчах та каярахпа вӑл, асӑрханайманнине пула, фигура выляса ячӗ, унтан партие выляса яни ҫинчен пӗлтерчӗ.

Мастер кандидачӗ Сергиевскипе Тутар АССР-ӗнчи пӗррмӗш разрядри Дамский шахматист вылянӑ партире сицилианская защита текен вариант пулчӗ. Вӗсем пӗр-пӗринчен фигурӑсене питӗ хӑвӑрт выляса илчӗҫ. Ку парти, 24 хут ҫӳренӗ хыҫҫӑн, нихӑшӗ те ҫӗнтерейменнипе пӗтрӗ.

Козловпа Радченко пиллӗкмӗш турта вылянӑ партие тепӗр чухне выляса пӗтерме хӑварнӑччӗ. Хӑйсен партине тепӗр хут пӑхса тухнӑ хыҫҫӑн, вӗсем кунта нихӑшӗ те ҫӗнтерейрес ҫукки ҫинчен пӗлтерчӗҫ.

Пиллӗкмӗш турта Чӑваш республикин чемпионӗ Никитинпа мастер кандидачӗ Хавский (Ленинград облаҫӗ) вылянӑ парти чи интересли пулчӗ темелле. Никитин хурисемпе вылякан королӗ ҫине тапӑнса пыма тытӑнчӗ. Ҫакна май вӑл малтан пӗр фигура, унтан иккӗмӗш фигура выляса ячӗ. Хавский пӗлсе сыхланса вылямa пултарчӗ. Юлашкинчен вӑйӑ пӗр пекрех пулса тӑчӗ. Никитинӑн пӗр фигура сахалтараххине шута илсессӗн, вӑл выляса ярӗ теме те пулатчӗ. Анчах та вӑл выляса ямарӗ, ӑслӑ комбинацисем туса, юриех ладья выляса ярса (вечнӑй шах туса), партие нихӑшӗ те ҫӗнтерейменнипе пӗтермелле турӗ.

Волошинпа Алешин ун чухне хӑйсен партине выляса пӗтерейменрӗҫ. Тепӗр чухне выляса пӗтерме хӑварнӑ партире Волошинӑн ҫӗнтерме шанӑҫ пур. Кубарев Чугуновран выляса илчӗ. Новопашинпа Игумнов партийӗ нихӑшӗ те ҫӗнтерейменнипе вӗҫленчӗ.

Улттӑмӗш турта Чӑваш республикин чемпионӗ Никитин каллех хӑй лайӑх вылянипе савӑнтарчӗ. Защита Нимцовича текен вариантпа усӑ курса, вӑл часах тапӑнса вылямa пуҫларӗ. Алешин шахмат хӑми варринчи пешкӑсене питех те пӗлсе улӑштарса илме, хӑйне лайӑхрах вылямалла тума пултарчӗ. Анчах та ҫакӑн хыҫҫӑн вӑл тӗрӗсех ҫӳреймерӗ. Никитин, каллех лайӑх комбинацисем туса, пӗр пешка ытларах выляса илчӗ тата ладьяпа вӗҫлемелле туса хучӗ. Алешин хӑй паранни ҫинчен пӗлтерчӗ.

Стрекаловскипе Дамский партийӗ 12 хут ҫӳренӗ хыҫҫӑн нихӑшӗ те ҫӗнтерейменнипе вӗҫленчӗ. Чӑваш республикин представителӗсем Игумновпа Чугунов хӑйсен партине выляса пӗтерейменрӗҫ. Тепӗр чухне выляса пӗтерме хӑварнӑ партире Чугуновӑн пӗр ытлашши пешка пур. Хавский Козловран, Волошин—Новопашинран выляса илчӗҫ. Кубаревпа Сергиевский партийӗ нихӑшӗ те ҫӗнтерейменнипе вӗҫленчӗ. Радченко 40 хут ҫӳренӗ хыҫҫӑн Алексеева, Гизатуллин—Петрова выляса ячӗ.

Улттӑмӗш тур хыҫҫӑн Чӑваш республикин представителӗ Никитинпа Архангельск облаҫӗн шахматисчӗ Алексеев малта пыраҫҫӗ. Вӗсем 6-шар очко выляса илме май пур ҫӗртен 4-шар очко пухнӑ. Кубаревпа (5 вӑйӑ хыҫҫӑн), Сергиевский (6 вӑйӑ хыҫҫӑн) 3,5-шер очко выляса илнӗ.

## Хроника

СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ Николай Павлович Дудоров юлташа СССР Шалти ӗҫсен министрӗ пулма уйӑрса лартнӑ.

СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ Сергей Никифорович Круглов юлташа СССР Шалти ӗҫсен министрӗн ӗҫӗсенчен хӑтарнӑ.

## *Пӗлтерни*

Февралӗн 3-мӗшӗнче, каҫхине 7 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечӗн библиотекинче (Урицкий урамӗ) политкружок руководителӗсен семинарӗ пулать. Семинарта кружок руководителӗсем пӗр-пӗрин ӗҫ опычӗпе паллашаҫҫӗ.

Семинар руководителӗ В. И. Андреев юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

### ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ февралӗн 3-мӗшӗнче ырӑсла спектакль «Персональное дело», февралӗн 4-мӗшӗнче ырӑсла спектакль «Живой портрет» кӑтартаҫҫӗ. Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуҫланаҫҫӗ.

### КИНО

«РОДИНА» Февралӗн 3-мӗшӗнче 10, 12, 14 сехетсенче пуҫланакан сеанссенче ҫӗнӗ музыкӑллӑ фильм «Венгерские мелодии», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуҫланакан сеанссенче Венгрире кӑларнӑ ҫӗнӗ илемлӗ фильм «Особая примета» кӑтартаҫҫӗ.



РЕДАКЦИ АДРЕСЕ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—0-84, пропаганда пайӗ—5-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—3-04, совет строительстви пайӗ—3-04, литературӑпа искусство пайӗ—8-61, ҫырусен пайӗ—3-54, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 00028 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37,000 экз.